ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 18
ВЫРСАРНИКУН
№ 12 (8921)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Çитменлĕхсемпе килĕшмелле мар, вĕсене хăвăртрах пĕтермелле

Партин XIX-мĕш съезчĕ пирĕн çĕршывăн экономикипе культурине малалла аталантарас тĕлĕшпе совет халăхĕ умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Вĕсене ăнăçлă пурнăçлама хамăрăн мĕнпур организацисемпе учрежденисен пĕтĕм ĕçне куллен-кун лайăхлатса пыни кирлĕ.

Совет çыннисем Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе хуçалăхпа культура строительствинче пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Анчах пирĕн парти тунă çитĕнÿсемпе тата ĕçри ăнăçусемпе çырлахса ларма мар, пĕрмай малалла кайма тăрăшмалла тесе вĕрентет. Çавăнпа та ĕçри пысăк çитĕнÿсене кăна курса, ĕçри çитменлĕхсене курмасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Мĕншĕн тесен ĕçри çитĕнÿсем çине критикăсăр пăхни, çитĕнÿсемпе тата ăнăçусемпе йăпанса, çырлахса ларни пире пысăк сиен кÿрет. Ун пек çынсем пирĕн хушăмăрта час-часах тĕл пулаççĕ-ха. Вĕсем ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсене палăртас, хамăр организацисен ĕçĕнчи юрăхсăр тата пăсăк явленисене хирĕç кĕрешес ĕçпе «аппаланма» юратмаççĕ. Хăшпĕр работниксем, çитĕнÿсемпе виçесĕр хавхаланнипе, капитализмлă йĕри-тавралăх халĕ те пурри çинчен тата Совет государствин тăшманĕсем пирĕн пата хăйсен агентурине яма тăрăшни çинчен, хăйсен киревсĕр ĕçĕсене тăвас тĕлĕшпе совет обществинчи çирĕп мар çынсемпе усă курма хăтланни çинчен манаççĕ.

Коммунистсен партийĕ пирĕн кадрсене, мĕнпур совет çыннисене ĕçри çитĕнÿсемпе çырлахса ларма юраманни çинчен, политикăллă сыхăлăха ÿстерсе пыма кирли çинчен яланах астутарать. Çитменлĕхсемпе тата йăнăшсемпе килĕшмелле мар, вĕсене хăюллăн палăртса çине тăрса пĕтерсе пымалла. Ан тив, парти, большевиксем, пирĕн çĕршыври таса чĕреллĕ мĕнпур рабочисемпе ĕççыннисем, — тесе вĕрентет Сталин юлташ,—пирĕн ĕçри çитменлĕхсене, пирĕн строительствăри çитменлĕхсене уçса палăртчăр, пирĕн çитменлĕхсене пĕтерме çул-йĕрсем кăтартса паччăр.

Совет, хуçалăх организацийĕсемпе ытти органсен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе пăсăк явленисене хирĕç кĕрешесси мĕнпур парторганизацисен кулленхи ĕçĕ пулса тăмалла. Партин XIX-мĕш съезчĕ пирĕн ĕçшĕн сиенлĕ те хăрушă шухăш-кăмăлсене — мухтанассине тата лăпланса ларассине пĕтерме, ĕçри çитменлĕхсемпе кăлтăксене хăюллăн тата татăклăн пĕтерсе пыма, партин шалти демократине тĕрĕс пурнăçлама, самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарса пыма хушрĕ. Çавăн пек туни пирĕн учрежденисемпе организацисен ĕçне пĕрмай лайăхлатса пыма пулăшать.

Анчах пирĕн хăшпĕр работниксем, вăл шутра парти работникĕсем те, харпăр хăй йăнăшĕсемпе çитменлĕхĕсене тÿррĕн йышăнас вырăнне, вĕсем çинчен шарламасăр иртсе кайма е пытарса хăварма хăтланаççĕ, тепĕр чухне тата партипе государствăна улталас çул çине тăраççĕ. Çакнашкал работниксем те сайра мар тĕл пулаççĕ: вĕсем ытти работниксен çитменлĕхĕсене е йăнăшĕсене кураççĕ, çавăншăн вĕсене критиклеççĕ, анчах хăйсем вара самокритикăран тата критикăран вутран хăранă пекех хăраççĕ, харпăр хăй ĕçĕ çине критикăлла пăхмаççĕ, ĕç начар пырать пулин те, ăна мĕнле те пулин лайăхрах якатса кăтартма тăрăшаççĕ. Кам хăйĕн йăнăшĕсене уççă чĕрепе йышăнма хăюллăх çитермест, вăл хăравçă, вăл чăнлăхран хăракан çын, вăл чиеленсе, улталаса пурăнма кăна пĕлет. Ун пек çынсене совет аппаратĕнчен хурçă шăпăрпа шăлса тасатса пымалла.

Кирек хăш çитменлĕхе те, ăна çийĕнчех палăртсан, пĕтерме те çăмăлтарах. Анчах пĕр-пĕрин çитменлĕхĕсене курса тăнă çĕртех, вĕсем çинчен шарламасăр иртсе кайни тата та пысăкрах çитменлĕхсем патне илсе пыма пултарать. Ун пек чухне пирĕн ĕç ăнăçлă пуласса кĕтме çук. Вăл кăна мар, критикăпа самокритика çук çĕрте пирĕн кадрсем пăсăлса кайма, пысăкрах йăнăшсем тума пултараççĕ. Çитменлĕхсемпе килĕшмелле мар тени вăл, пуринчен малтан, критикăна анлăн сарса пырас тенине пĕлтерет.

Республикăри чылай парторганизацисенче самокритикăпа критика çителĕксĕр саралса пырать-ха. Хăшпĕр работниксем критикăшăн хĕсме, критикăна сĕмсĕррĕн путарма пăхаççĕ. Чăвашсен государство издательстви ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен пĕлтерекен çырусем пирĕн редакцие нумай килеççĕ, хаçатра та сахал мар пичетленсе тухнă. Çапах та издательство руководителĕ П. Золотов юлташ тата пуçламăш парторганизаци аялтан килекен критикăна хисепе илмеççĕ, критикăран тĕрлĕ майсемпе пăрăнса кайма хăтланаççĕ. Пуçламăш парторганизацири коммунистсем критиклесе каланисене йышăнса, издательство аппарачĕн ĕçне лайăхлатма татăклă мерăсем йышăнас чухне, партбюро секретарĕ Н. Ильбеков юлташпа унăн заместителĕ Н. Александров юлташ критикăна хĕсес çул çине тăнă. Вĕсем издательство тата унти уйрăм работниксен йăнăшĕсемпе çитменлĕхĕсене çивĕч критиклевĕшĕн редколлеги кăларнă стена хаçатне илсе пăрахнă, хаçатри хăшпĕр заметкăсене çурса тăкнă. КПСС Шупашкар хула комитечĕ иртĕхсе кайнă, парти çул-йĕрне сĕмсĕррĕн пăснă Ильбековпа Александров юлташсене ятламалла тунă.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри парти членĕ, стахановка Виноградова юлташ производствăра брак нумай пулнăшăн цех руководителĕсем хăйсем айăплă пулнине кăтартса парса, вĕсене пухура хытă критикленĕ. Цех начальникĕ коммунист Каневский юлташ тата цехри партбюро брака пĕтерме васкавлă мерăсем йышăнас вырăнне, Виноградова юлташ çинчен ятарласа партбюрора сÿтсе явнă, ăна ертсе пыракан кадрсем пирки «хытă сăмахсем» калама юраманни çинчен, хăйне тыткалама пĕлме кирли çинчен астутарнă.

Парти, совет, хуçалăх тата ытти организацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хирĕç çине тăрса кĕрешесси кашни коммунистăн кулленхи йăли пулса тăмалла. Унсăрăн юрăхсăр явленисене, пăнтăхса кайнисене, хытса ларнисене, малалла кайма чăракан мĕнпур чăрмавсене пĕтересси çинчен сăмах та пулма пултараймасть. Коммунистăн ĕçри çитменлĕхсемпе пăсăк явленисем çине лăпкăн пăхма, унтан та ытларах, вĕсене партирен пытарса тăма ирĕк çук.

«Ĕçри çитменлĕхсем çинчен, вĕсем камран килнине пăхмасăр, партин ертсе пыракан органĕсене, Центральнăй Комитет таранах, пĕлтермелле. Парти членĕн ĕçсем начар тăнине пытарса тăма, парти тата государство интересĕсене сиен кÿрекен ĕçсем патĕнчен иртсе кайма право çук. Кам та кам парти членне çак тивĕçе пурнăçлама кансĕрлет, ăна, парти ирĕкне пăсакан çын вырăнне хурса, хытă айăплamalla»,— тенĕ КПСС Уставĕнче. Çак тивĕçе кашни коммунистăн çирĕп пурнăçласа пымалла.

Тĕрĕс критиклесе калакан кашни çын пирĕн организацисем пулăшасса туйса тăтăр, вăл хăй кăтартса панă çитменлĕхсене чăннипех пĕтерсе пынине курса ĕнентĕр,— терĕ партин XIX-мĕш съездĕнче Г. Маленков юлташ,— çак условисенче кăна аялтан килекен критика ÿссе тата саралса пыма пултарать. Пур руководительсем те, уйрăмах парти работникĕсем, тÿрĕ кăмăллă мĕнпур совет çыннисене пирĕн организацисемпе учрежденисен, хуçалăх органĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхĕсене хăюллăн тата пĕр хăрамасăр критиклеме кирлĕ условисем туса пама тивĕç.

Ĕçри çитменлĕхсене хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе партипе правительство йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслени пысăк вырăн йышăнать. Вăл хамăр ĕçри йĕркесĕрлĕхсемпе тĕрĕсмарлăхсене вăхăтра тупса палăртма, тÿрĕ кăмăллă кадрсене çийĕнчех пулăшма, ĕçре тÿрленмен çынсенчен тасалса пыма паха майсем туса парать.

Коммунистсене, кадрсене тата мĕнпур ĕççыннисене çитменлĕхсемпе килĕшмелле мар пулма воспитани панипе парти организацийĕсем хăйсен кĕрешÿри пултарулăхне ытларах ÿстереççĕ, партипе масса хушшинчи çыхăнăва çирĕплетсе анлăлатаççĕ. Парти организацийĕсем кадрсене практикăллă ĕç опычĕпе, марксизм-ленинизм идейисемпе куллĕн хĕçпăшаллантарса пыма тивĕç. Çав условисенче кăна эпир хуçалăхпа культура строительствин пур отраслĕсенче те пысăк çĕнтерÿсем тума пултаратпăр.

## Хулари агитаторсен канашлăвĕ

Январĕн 16-мĕшĕнче КПСС Шупашкар хула комитечĕ хулари агитаторсен, агитпунктсемпе агитколлектив руководителĕсен канашлăвне ирттерчĕ.

Вырăнти Советсен суйлавĕ тата агитаторсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ Л. Х. Михайлов юлташ доклад туса пачĕ. Вăл хулари агитпунктсемпе агитколлективсен лайăх ĕçĕсем çинчен каланипе пĕрлех, чылай агитаторсем суйлавçăсем хушшинче çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕ.

Юлашкинчен агитаторсем тухса каласа хăйсен ĕç опычĕсемпе паллаштарчĕç.

## „Агитатор блокночĕн“ черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 1-мĕш номерĕ (1953 çулшăн) пичетленсе тухрĕ. Унта В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тума хатĕрленнĕ май пропагандистсемпе агитаторсем валли «Ленин ялавĕ айĕнче, аслă Сталин ăслăн ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне» ятлă пысăк статья пичетленнĕ.

# Хула тата район Совечĕсене депутата суйлама кандидатсем тăратни

★ ★ ★

## Производствăра хастарлă ĕçлекенсем

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пухăвĕ пулчĕ. Пуху Шупашкар хула Советне депутатсем суйлама кандидатсем тăратас ыйтăва сÿтсе яврĕ.

Çип арлакан цехри инженер А. Я. Брусова юлташ сăмах илчĕ. Вăл хулари 44-мĕш суйлав округĕ тăрăх ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне депутата суйлама Юлия Петровна Сапожникова юлташа кандидата тăратма сĕнчĕ. Вăл Сапожникова юлташ фабрикăри чи лайăх работницăсенчен пĕри пулни, социализмлă ăмăртура яланах малта пыни çинчен каларĕ.

— Сапожникова юлташ эпир шаннă ĕçе чыслă пурнăçласа пырĕ,—тет Брусова юлташ.

Вăл сĕннĕ кандидатурăна пир-авăр фабрикин приготовительнăй цехĕн начальникĕ В. М. Федоров, ФЗУ инструкторĕ Н. К. Иванова юлташсем ырларĕç.

Унтан лабораторинче ĕçлекен инженер В. П. Гарятнева юлташ сăмах илет, хулари 45-мĕш суйлав округĕ тăрăх ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне депутата суйлама комбинат директорне Александр Федосеевич Бекренев юлташа кандидата тăратма сĕнет.

ФЗУ инструкторĕ Баринова, комбинат директорĕн заместителĕ Иванов юлташсем комбинатра ĕçлекенсене Бекренев юлташăн кандидатурине ырлама, уншăн сасăлама чĕнчĕç.

Çип арлакан фабрикăри цех начальникĕн заместителĕ А. И. Глумов юлташ хулари 46-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Клавдия Степановна Мефодьева юлташа кандидата тăратма сĕнчĕ. Мефодьева юлташ—çип арлакан работница. Вăл ĕç нормине 120—150 процент таран тултарать.

Тухса калакан юлташсем Мефодьева кандидатурине ырларĕç, вăл ĕçре кăтартуллă, дисциплинăллă пулнине палăртрĕç.

Комбинатра ĕçлекенсем, пурте пĕр шухăшлă пулса, ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Советне хулари 44-мĕш суйлав округĕ тăрăх суйлама Ю. П. Сапожникова юлташа, 45-мĕш суйлав округĕ тăрăх суйлама А. Ф. Бекренев юлташа, 46-мĕш суйлав округĕ тăрăх К. С. Мефодьева юлташа кандидата тăратма йышăнчĕç.

Пуху довереннăйсем пулма главнăй инженера А. И. Васильева, В. П. Гарятнева инженера, çип арлакан фабрика заведующине Н. А. Цой юлташсене суйларĕ.

## Пир-авăр фабрики коллективĕн кандидачĕсем

Январĕн 17-мĕшĕнче Шупашкарти пир-авăр фабрикинчи рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ.

Пухăва уçса, фабком председателĕ Н. Васильев юлташ Сталинла Конституци совет çыннисене пысăк та чыслă право пани çинчен, ĕççыннисем суйлав кунне производствăра çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илме хатĕрленни çинчен калать.

Фабрика 1952 çулхи производство планне ăнăçлă тултарнă. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем, съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмах коллективăн политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа вăйлатрĕç.

— Паян эпир Шупашкар хула Советне депутатсем суйлама кандидатсем тăратма пухăнтăмăр,—тет фабрикăри партбюро секретарĕ Н. Бронникова юлташ.

Мастер помощникĕ К. Циранова юлташ 79-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Нина Михайловна Петрова юлташăн кандидатурине сĕнет.

— Нина Михайловна,—тет оратор,—фабрикăра 1948 çултанпа ĕçлет. Вăл ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухнă. Халĕ — чи паллă стахановкăсенчен пĕри. Ĕç нормине ялан ирттерсе тултарать.

Пуху, пĕр шухăшлă пулса, 79-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Нина Михайловна Петрова юлташăн кандидатурине тăратма йышăнать.

Техникăллă контроль пайĕн начальникĕ А. Рычкова юлташ сăмах илет. Вăл 68-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама Леонид Хрисанфович Михайлов юлташăн кандидатурине тăратма сĕнет.—Михайлов юлташ КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ. Вăл пуçарullă, Ленин—Сталин ĕçне парăннă çын,—тет Рычкова юлташ.

Пуху тулли кăмăлпа 68-мĕш суйлав округĕ тăрăх Шупашкар хула Советне депутата суйлама Л. Х. Михайлов юлташăн кандидатурине тăратма йышăнчĕ.

П. Глушаченков юлташ 75-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама Георгий Наумович Кулешов юлташăн кандидатурине сĕнет. Кулешов юлташ фабрикăра 1947 çултанпа ĕçлет. Вăл пир тĕртекен цех начальникĕ, главнăй инженер пулса ĕçлерĕ. Халĕ—директор. Кулешов юлташ пуçарullă, ĕçе лайăх пĕлекен руководитель.

Глушаченков юлташăн сĕнĕвне ырласа Кубарева тата Григорьева юлташсем тухса сăмах калаççĕ.

Пуху 75-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама Кулешов юлташ кандидатурине тăратма йышăнчĕ.

Пуху, пĕр саслă пулса, В. Дерябин, Р. Российская тата Ф. Пашков юлташсене довереннăйсем пулса ĕçлеме çирĕплетрĕ.

## Тивĕçлĕ кандидатсем

КУКЕÇ. Январĕн 15—16-мĕшĕсенче районти ĕççыннисен суйлав умĕнхи пухăвĕсем пулса иртрĕç. Ĕççыннисем, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, район Советне депутатсем суйлама кандидатсем тăратрĕç.

Кадыков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем хăйсен суйлав умĕнхи пĕрлешÿллĕ пухăвĕнче ĕççынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама Вонпукасси ял Совет председательне Николай Ильич Ильина кандидата тăратрĕç. А. Егорова юлташ унăн кандидатури пирки çапла каларĕ:

— Ильин юлташ пирĕн ял Советĕнче ĕçлеме пуçланăранпа ĕç чылай лайăхланчĕ. Иртнĕ 1952 çулта Вонпукассинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул, Вачалкассинчи пуçламăш шкул çурчĕсене тĕпрен юсанă. Шкул çумĕнче учительсем валли ятарласа хваттер çурчĕсем лартнă, улма çырла пахчине йĕркелесе çитернĕ. Ильин юлташа час-часах колхозсенче курма пулать. Эпĕ Николай Ильич Ильин юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратма сĕнетĕп.

Колхозниксем Н. И. Ильин юлташа район Советне депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Ильин юлташ суйлавçăсен шанăçне малашне те тÿрре кăларассишĕн ырми-канми ĕçлеме сăмах пачĕ.

Районти ĕççыннисем суйлав умĕнхи пухусенче ялхуçалăхĕнче малта пыракансене, уй-хир ĕçченĕсене, ялхуçалăх механизаторĕсене ĕççынни депутачĕсен район Советне депутата суйлама кандидата тăратаççĕ.

**А. ТИМОФЕЕВ.**
**Ф. МАРКОВ.**

# Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

1953 çулхи январĕн 13-мĕшĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн ларăвĕ пулса иртрĕ. Ларăва Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ З. А. Андреева юлташ ертсе пычĕ.

Президиум ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне ирттерме Шупашкарпа Йĕпреç районĕсенче мĕнле хатĕрленни çинчен, сасăламалли ещĕксем мĕнле пулмалли çинчен, Чăваш АССР-ĕнчи ĕççынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссисен пичечĕсем çинчен тата ытти ыйтусене сÿтсе яврĕ.

Шупашкар район Совечĕн исполкомĕ ялсенчи суйлав комиссийĕсене тăвасси çинчен йышăннă решение ял Совечĕсене вăхăтра пĕлтермен, çапла вара «Чăваш АССР ĕççынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйламалли положенин» 43-мĕш статьинче каланисене пăснă. Райсовет исполкомĕ ялсенчи суйлав комиссийĕсене тăвасси çинчен йышăннă решение Апаш ял Советĕнче январĕн 3-мĕшĕ тĕлне те пурте курмалли вырăна кăларса çапман пулнă.

Райсовет исполкомĕ ял Совет председателĕсемпе секретарĕсен инструктивлă канашлăвĕсене начар организацилесе ирттернĕ. Суйлава хатĕрленес ĕçре суйлав положенин 46-мĕш статьине пурнăçласа пыман фактсем те пулнă.

Шупашкар районĕнчи Апаш, Кукеç ял Совечĕсем суйлавçăсен списокĕсене хатĕрлес ĕçе вăраха янă. Апаш ял Советĕнче сасăламалли кабинăсене юсама тытăнман.

Йĕпреç район Совечĕн председателĕ Васильков юлташ вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен тунă доклада итлесе, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ çакна палăртрĕ: Йĕпреç район Совечĕн исполкомĕ суйлава хатĕрленес ĕç хăй юххипе пулса пырасса шанса ларнă, организациллĕ-техникăллă ĕçсен планне туман, ял тата поселок Совечĕсен председателĕсемпе секретарĕсен инструктивлă канашлăвне ирттермен, суйлава хатĕрленес ĕç мĕнле пынине пĕр ял Советĕнче те тĕрĕслемен, суйлава хатĕрленес ыйтăва исполком ларăвĕнче сÿтсе явман.

Район Совет исполкомĕ суйлав округĕсемпе участокĕсем тата суйлав комиссийĕсем тăвасси çинчен решенисене вăхăтра çырса хатĕрлемен тата кая юлса йышăннă. Хурамал ял Совечĕ округсенчи суйлав комиссисене тăвасси çинчен суйлав положенинче каланă срокран кая юлса решени йышăннă, ун çинчен январĕн 7-мĕшчен те халăха пĕлтермен. Пучинке тата Йĕпреç ял Совечĕсенче округсенчи суйлав комиссисен составĕсене обществăллă организацисем кандидатсем тăратни çинчен çырнă протоколсене илмесĕрех çирĕплетнĕ, çапла вара суйлав положенин 45-мĕшпе 46-мĕш статьисене пăснă. Районти нумай ял Совечĕсенче суйлавçăсен списокĕсене тăвас ĕç вăрăххăн пулса пырать, хăшпĕр списоксем çинче суйлавçăсен ячĕсене, ашшĕ ячĕсене, хушамачĕсене пăтраштарса пĕтернĕ. Йĕпреç ял Советĕнче суйлама çул çитнĕ—18 çул тултарнă граждансенчен темиçе çынна списока кĕртмесĕр хăварнă. Хĕрарăмсемпе çамрăк суйлавçăсен пухăвĕсене ирттермеççĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Шупашкарпа Йĕпреç райсовечĕсен исполкомĕсене çÿлте асăннă çитменлĕхсене халех пĕтерме тата суйлава хатĕрленес ĕçе лайăхлатма хушнă, çак ĕçсене тума кирлине кăтартса панă.

Райсоветсен исполкомĕсемпе ял Совечĕсем пĕр тăхтаса тăмасăрах суйлав комиссийĕсем ĕçлемелли, суйлав участокĕсем пулмалли çурт-йĕрсене уйăрса памалла, вĕсем валли вутă, лампăсем, краççын, кабинăсем тума кирлĕ япаласем, хут-кăранташ хатĕрлемелле.

Суйлавçăсен списокĕсене икĕ-виçĕ кун хушшинче тĕрĕслесе тухмалла, вĕсене тĕрĕслеме райсовет исполкомĕсен ответлă работникĕсене ямалла.

Суйлавçăсен списокĕсене январĕн 22-мĕшĕнчен кая юлмасăр пурте вулама пултаракан вырăна кăларса çапмалла, суйлавçăсем хăйсем çинчен списокра мĕнле çырнине тĕрĕслес ĕçе организацилемелле.

Суйлав ирттерме кирлĕ укçа-тенке суйлав комиссийĕсене вăхăтра уйăрса парас пулать, çак укçапа тĕрĕс усă курнине тĕрĕслесе тăмалла.

Райсовет исполкомĕсен ялсенчи суйлав комиссийĕсене ял Советне суйламалли бюллетеньсене хатĕрлес ĕçре пулăшмалла. Суйлав бюллетенĕсене участоксенчи комиссисене вăхăтра хатĕрлесе памалла.

Суйлав комиссийĕсен председателĕсемпе тата секретарĕсемпе инструктивлă канашлусем ирттермелле, вĕсене суйлав докуменчĕсен формисемпе паллаштармалла, документсене çырма вĕрентмелле, практикăллă ĕçсене мĕнле туса пымалли çинчен каласа кăтартмалла.

Участоксенчи комиссисем суйлав кунне мĕнле хатĕрленнине, участоксенче кабинăсем тунине, тивĕçлĕ документсем пуррине халех тĕрĕслесе, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле.

Вулав çурчĕсемпе клубсен ĕçне лайăхлатас пулать, вĕсенче суйлав литератури çителĕклĕ пултăр.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ суйлав участокĕсене тата культурăпа сутăв учрежденийĕсене радиоприемниксем тата вĕсем валли питани, хĕрлĕ пусма, лампăсем, краççын кирлине палăртса, Чăвашсоюза çав таварсене халех районсене çитерме, çителĕклĕ таран сутмалла тума хушнă.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйланă чухне сасăламалли суйлав ещĕкĕ мĕнле пулмалли çинчен постановлени йышăннă. Кунсăр пуçне, Президиум участокри суйлав комиссийĕн хальхи суйлавра 1950 çулта СССР Верховнăй Советне суйланă чухне участокри суйлав комисси валли тунă пичетпе усă курмалли, районти, хулари, ялти, поселокри суйлав комиссийĕсем тата округри суйлав комиссийĕсем хăйсен Совечĕсен исполкомĕсен пичечĕпе усă курмалли çинчен постановлени йышăннă.

# В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тума хатĕрленеççĕ

Республикăри ĕççыннисем В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине чыслăн паллă тума хатĕрленеççĕ. В. И. Ленин кунĕсене хатĕрленсе учрежденисемпе предприятисенче, колхозсенче, суйлав участокĕсем çумĕнчи агитпунктсенче лекцисемпе докладсем, калаçусем пулса иртеççĕ. Библиотекăсенче, вулав çурчĕсемпе клубсенче тата ытти культурăпа сутăв учрежденийĕсенче В. И. Ленин пурнăçĕпе ĕçĕсене, Ленинпа Сталин хушшинчи туслăха, совет государстви тунă чаплă ÿсĕмсене кăтартакан выставкăсемпе витринăсем йĕркелеççĕ.

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра çак кунсенче цехсемпе участоксенче агитаторсем рабочисемпе работницăсем хушшинче «29 çул Ленинсăр, Сталин юлташ ертсе пынипе, Ленин çулĕпе» тема тăрăх докладсемпе калаçусем ирттереççĕ. Соловьева агитатор çамрăк работницăсен общежитийĕсенче пулса çав темăпа темиçе калаçу ирттернĕ. Кунта çулпуçăн çамрăк чухнехи пурнăçĕ çинчен çырнă кĕнекесене пĕрлешсе вулассине йĕркеленĕ.

Заводри библиотекăсенче В. И. Ленин çинчен çырнă кĕнекесен выставкисене тунă. Çавăн пек выставкăсемпе фотовитринăсем М. Горький ячĕпе тăракан Центральнăй библиотекăра, Чăваш педагогика институтĕнче, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче тата ытти çĕрте те тунă.

СĔНТĔР. Районти ĕççыннисем пĕтĕм тĕнчери этемлĕхĕн аслă çулпуçĕпе генилĕ учителĕ Владимир Ильич Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнине паллă тăваççĕ.

Колхозсенче тата предприятисемпе учрежденисенче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе революциллĕ ĕçĕсем çинчен докладсемпе калаçусем ирттереççĕ.

КПСС райкомĕ çак кунсенче хăйĕн штатра тăман докладчикĕсемпе инструктивлă канашлу ирттерчĕ. Унта «29 çул Ленинсăр, Сталин ертсе пынипе Ленин çулĕпе» темăпа КПСС райкомĕн секретарĕ М. Комаров юлташ доклад туса пачĕ. Райком докладчикĕсем 30 çын В. И. Ленин вилнĕренпе 29 çул тултарнă ятпа докладсем тума колхозсене тухса кайнă.

Районти культура çуртĕнче В. И. Ленинăн пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартса паракан выставка тунă.

**А. СОЛОВЬЕВ.**

## Колхозниксен хастарлăхĕ

СОВЕТСКИ. Этмен ял Советĕнчи ĕççыннисем вырăнти Советсене суйлама политикăллă пысăк çĕкленÿпе хатĕрленеççĕ. Колхозниксем суйлав кунне ĕçри ÿсĕмсемпе кĕтсе илессишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ.

Андреев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман касмалли плана ирттерсе тултарчĕç, халĕ вĕсем турттармалли плана срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Колхоз иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлерĕ. Килес çуракинче акма вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлерĕ. Сортлă вăрлăха лайăх тасатса хураççĕ. Уй-хире пин лав ытла тислĕк кăларнă. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă. Выльăхсене ăшă та тутă хĕл каçараççĕ.

Чапаев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çураки валли вăрлăх хатĕрлесе çитерчĕç.

**Я. СИГАЕВ.**

## ВĂРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ СЕЗОНТИ ПЛАНА «ЧĂВАШВĂРМАН» ТРЕСТ ЕНĔПЕ 1953 ÇУЛХИ ЯНВАРĔН 15-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

(процентпа)

| Районсем | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 33,7 | 40,9 | 31,9 |
| Элĕк | 33,9 | 12,7 | 16,9 |
| Вăрнар | 35,5 | 26,0 | 20,8 |
| Йĕпреç | 29,4 | 15,8 | 14,4 |
| Ишлей | — | — | 19,7 |
| Калинино | 35,9 | 32,2 | 30,2 |
| Канаш | 42,7 | 12,9 | 19,0 |
| Комсомольски | 70,6 | 28,9 | 51,4 |
| Куславкка | 103,9 | 47,7 | 62,5 |
| Красноармейски | 27,9 | — | 12,1 |
| Хĕрлĕ Чутай | 33,8 | 12,9 | — |
| Кувакино | 26,7 | 17,7 | 20,8 |
| Сĕнтĕрвăрри | 64,3 | 44,5 | — |
| Муркаш | 64,5 | 46,6 | — |
| Октябрьски | 55,6 | 40,0 | 11,1 |
| Первомайски | 60,1 | 19,8 | 24,7 |
| Пăрачкав | 49,4 | 48,6 | 11,3 |
| Советски | 34,2 | 25,8 | 14,2 |
| Сĕнтĕр | — | 11,2 | — |
| Вăрмар | 52,6 | 2,6 | 33,3 |
| Çĕрпÿ | 22,2 | 10,6 | 16,6 |
| Шупашкар | 136,6 | 120,7 | 113,7 |
| Чкаловски | 79,1 | 36,0 | 25,7 |
| Чурачăк | 51,8 | 17,3 | 60,1 |
| Шăмăршă | 41,5 | 13,8 | 31,0 |
| Шăхасан | 48,1 | 10,1 | 23,3 |
| Çĕмĕрле | 58,4 | 81,6 | 101,5 |
| Етĕрне | — | 17,1 | 34,2 |
| Елчĕк | 15,3 | 51,7 | 17,5 |
| Тăвай | 83,7 | 3,2 | 16,3 |

*Малта пыракансен опытне—мĕн пур ферма работникĕсене*

# Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарар!

## Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн

1952 çулта Чăваш государство селекци станцийĕн коллективĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн социализмлă ăмăртăва массăллăн сарса, выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстермелли плана ирттерсе тултарчĕ. Сăмахран, кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.110 килограмм сĕт суса илнĕ, кашни сысна аминчен 17,2 çура илнĕ. Çав çурасем икĕ уйăхра вăтам шутпа 14-шар килограмм тайнă. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана ирттерсе тултарнă.

Станци чылайранпа ĕнтĕ çĕршыври Красногорбатовски ĕнесен ăратлăхне лайăхлатассишĕн тата пысăк тухăçлă вырăнти сыснасен йăхне тăвассишĕн тăрăшса ĕçлет. Халĕ станцири мĕнпур ĕнесемпе сыснасене Государство ăратлă кĕнеки çине кĕртнĕ.

1952 çулта 300 кун хушшинче чи лайăх ĕнесем çакăн чухлĕ сĕт панă: «Телочка» — 5.435 килограмм, «Вланка»—5.410 килограмм. Ольга Митрофанова доярка кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.700-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Антонина Максимова свинарка кашни сысна аминчен 17,6-шер çура илсе ӳстернĕ. Александра Харитонова свинарка самăртма уйăрнă сыснасен виçине куллен 700—1.400 грамм ӳстерсе пынă. Станци пĕтĕмĕшпе илнĕ тупăшра выльăх-чĕрлĕхрен илнĕ тупăш 52 процент йышăнать.

Эпир уй-хир тата тырра курăкпа ылмаштарса акмалли пусă çаврăнăшне пурнăçа кĕртрĕмĕр, выльăхсем валли тĕрлĕ йышши апатсем хатĕрлесе хуратпăр. Выльăхсене паракан апат норминче утă тата сĕтеклĕ апатсем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

Коллективра ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн, çамрăк выльăхсене пурне те пăхса усрассишĕн, выльăхсен виçине ытларах ӳстерессишĕн социализмлă ăмăрту саралнă.

1952—1953 çулсенчи хĕллехи вăхăтра çитерме кашни ĕне валли вăтам шутпа 27 центнер утă, 10 центнер çурхи улăм, 30 центнер силос, 30 центнер чĕкĕнтĕр, çичĕ центнер концентрат, кашни сысна ами валли (çурисемпе пĕрле) — утă—ултă центнер, силос—вунă центнер, çĕрулми—70 центнер, концентрат — 15 центнер хатĕрлесе хунă.

Пирĕн станци çуллахи вăхăтра чылайранпа ĕнтĕ выльăхсене лагерьте усрать. Сăмахран, майракаллă шултра выльăхсене çулсерен Çĕрпӳ юханшывĕ хĕррине лагере ăсататпăр. Унта вĕсем валли лупассем, тин çеç çуралакан пăрусем валли пĕчĕк пӳлĕмсем тунă.

Лагерьсем çывăхĕнчех курăк акса ӳстеретпĕр. Тĕрлĕ курăксене тĕрлĕ вăхăтра акатпăр. Çапла туни выльăхсене пĕрмаях ешĕл, чĕрĕ, сĕтеклĕ курăк парса тăма май парать.

1952 çулхи августăн 13-мĕшĕнче 17 гектар çине ыраш акса хăвартăмăр. Çитес çуркунне выльăхсене çав ыраш калчине çулса çитеретпĕр. Июнĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1951—1952 çулсенче акнă нумай çул ӳсекен курăксене, июнĕн 15-мĕшĕпе августăн 1-мĕшĕ хушшинче—викăпа сĕлĕ калчи çитеретпĕр. Çав тĕлĕшпе 30 гектар çине тĕрлĕ вăхăтра сĕлĕпе вика акатпăр. Августăн 1-мĕшĕпе сентябрĕн 15-мĕшĕ хушшинче выльăхсене нумай çул ӳсекен курăксен каюне, сентябрĕн 15-мĕшĕнчен вара—кĕрхи ыраш калчи çитеретпĕр. Станци уйрăмах ыраш акма сĕнет. Пирĕн условисенче вăл лайăх культура. Кĕркунне тăпра шăнсан тата çуркуннен малтанхи кунĕсенче выльăхсене калча çине ярса çитерме пулать, ытти курăксем ӳссе çитĕнмен чухне пур выльăхсене те çулса пама юрать. Выльăхсем çисе ярайман ешĕл ыраш калчинчен утă тума пулать. Ыраш калчипе çуркунне усă курни нӳрлĕ, курăк ӳссе çитмен çеремсем çине выльăхсене кăларса çĕре таптаса хытарасран сыхласа хăварма пулăшать. Тăпра типсе çитсен, курăк 10—15 сантиметр çӳлĕш ӳссен çеç эпир выльăхсене çеремсем çине кăларатпăр.

Пирĕн тĕллев—уйрăм ĕнесен тухăçлăхне çеç мар, мĕнпур ĕнесен тухăçлăхне ӳстересси.

Пăруличчен икĕ уйăх маларах ĕнесене тĕрлĕ апат тата ытларах параççĕ. Çапла тăрантарни лайăх аталаннă пăру илме май парать. Çураличчен 1,5—2 уйăх хушшинче пăру малтанхи 7,5 уйăх хушшинчи чухлĕ ӳсет. Лайăх, тĕрлĕ апат çитерни ĕне сĕт парассине те ӳстерет. Ĕне пăрулама лайăх хатĕрленнине унăн самăрлăхĕнчен пĕлме пулать.

Ĕне пăруласан ăна малтанхи кунсенче утă çеç параççĕ. Пăрулана хыççăн 10 кун çитнĕ тĕле вара майĕпен ытти концентратсемпе сĕтеклĕ апатсем пама тытăнаççĕ. 15—20 кун иртсен пĕр килограма яхăн концентрат тата 5—6 килограмм тымарçимĕç хушса параççĕ. Çавăн хыççăн ĕне сĕт ӳстерсен, ăна 10 кун иртсен апат çĕнĕрен ӳстерсе параççĕ. Çавăн пек майпа ĕне сĕт парассине ӳстереççĕ. Апат хушса панă хыççăн ĕне сĕт парассине ӳстермесен ăна ĕлĕкхи чухлех апат параççĕ.

Апата çитерме лайăх хатĕрленин пĕлтерĕшĕ пысăк. Тĕштырра авăртса посыпка туса пани усăллă пулнине яланах асра тытатпăр. Посыпкăна тĕрлĕ тĕштырăран авăртса тусан тата лайăхрах. Тымарçимĕçсене шăнтмалла мар. Вĕсене лайăх çуса тата вакласа, çĕрулмине — пĕçерсе, утăпа улăма—тураса, пăспа çемçетсе тата посыпкăпа тăвар сапса памалла.

Уйрăмах шыв пĕлтерĕшне палăртас пулать. Выльăхсене шыв нумай кирлĕ. Сăмахран, сыснана типĕ апатăн кашни килограмĕ пуçне 7—8 литр, ĕнене—4—6 литр шыв кирлĕ. Асăннă цифрăсенчен çакă курăнать: сăмахран, ĕне типĕ апат 16—20 килограмм çисен, ăна 100—120 литр шыв кирлĕ. Ĕне пĕр харăс çавăн чухлĕ шыв ĕçме пултарать-и? Çук, пултараймасть. Апла пулсан ăна талăкра 4—5 хут шăвармалла. Ĕнесем хăйсем ĕçес тенĕ чухне ĕçсен тата лайăхрах. Автопоилкăсем дояркăсене шыв йăтас йывăр ĕçрен хăтараççĕ, ĕнесен тухăçлăхне 10—15 процент ӳстереççĕ.

Фермăсенче çирĕп кун йĕрки тунă. Урăхла каласан, выльăхсене палăртнă сехетсенче çитереççĕ, сăваççĕ, тасатаççĕ, уçă сывлăш çине кăлараççĕ тата кантараççĕ.

Çирĕп йĕрке тунин пĕлтерĕшĕ пысăк, мĕншĕн тесен выльăхсен тухăçлăха ӳстерме пулăшакан условнăй рефлекс пулать. Çав рефлекса пăртак пăссан та выльăхăн тухăçлăхĕ чакать. Ĕнесен тухăçлăхне ӳстермелли резерв вăл—сĕт çулăхне ӳстерни. Юлашки вăхăтра пирĕн работниксем сĕт çулăхне ӳстерекен çĕнĕ меслетпе—ĕне çилли çине ăшă компрес хурас меслетпе хытă интересленме тытăннă.

Мичуринла малта пыракан наука тата пирĕн селекци станцийĕн опычĕ выльăхсен пахалăхĕ улшăнса пынине кăтартаççĕ. Тивĕçлĕ май тăрантарса тата пăхса усраса выльăх пахалăхне хамăра кăмăла кайнă пек улăштарма пулать.

Суйласа илсе тата наука вĕрентнĕ пек пăхса усраса станци «Цивильская» ятлă пысăк тухăçлă сысна ăрачĕ илчĕ. Çĕнĕ ăратлă сыснасен амисем хăйсен йăхĕ пулнă сыснасенчен 1,7 хут нумайрах çавăр çавăрлаççĕ, вĕсен сĕт 2,5 хут ытларах. Вырăнти сыснасем çулталăкра пĕр-икĕ пăт туртакан пулаççĕ пулсан, пирĕн сыснасем çулталăкра 12 пăт, виçĕ çулта—25—28 пăт таяççĕ.

Асăннă сыснасен тухăçлăхĕ пысăккине тата вĕсем вырăнти условисенче лайăх аталаннине шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕ Çĕрпӳре государствăн ăратлă рассадникне организацилеме йышăннă. Çак рассадникре республикăри колхозсем валли çĕнĕ ăратлă сысна ĕрчетмелле.

«Цивильская» ятлă сыснасем ытти йышши сыснасенчен хăвăртрах самăрлаççĕ. Эпир кӳрсе килнĕ шурă ăратлă сыснасемпе «Цивильская» ятлă сыснасене сăнаса самăртса пăхрăмăр. Пирĕн сыснасем хăвăртрах ӳсеççĕ, пĕр килограмм чухлĕ ӳсĕм тума апат 13,7 процент сахалтарах кирлĕ. Çав вăхăтрах вĕсем икĕ хут çуллăрах пулаççĕ. «Цивильская» сыснасен пахалăхне аш-какай комбиначĕнче сăнаса пуснă чухне палăртнă. Çак сыснасен пĕверĕ тата диафрагми ытларах аталаннă, пыршисем вăрăмрах. Çавăнпа та ĕнтĕ вĕсем апатпа лайăхрах усă кураççĕ.

Эпир сысна амисене ытларах çавăрлаттарма тăрăшатпăр. Çулсерен кашни ама икшер хут çавăрлать. Сысна амисене пĕрремĕш хут январьпе февраль уйăхĕсенче, иккĕмĕш хут—июньпе июль уйăхĕсенче çавăрлаттармалла тăватпăр. Хĕллехи тата ирхи çуркуннехи çурасем лайăх ӳсеççĕ, çулталăкра 200 килограмм таякан пулаççĕ.

Сысна амисемпе аçисене белокпа минераллă япаласем нумай тытакан апат памалла. Пирĕн условисенче çав япаласем çулла—курăкра, уйрăмах клеверпа люцернăра, хĕлле—касса туранă утăра тата арпара нумай.

Пирĕн станци коллективĕ, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, 1953 çулта çĕнĕ тата пысăк çитĕнӳсем тума обязательство йышăнать. Чи лайăх дояркăсенчен пĕри Ольга Митрофанова кашни ĕнерен 5 пин килограмран кая мар сĕт суса илме сăмах парать. Майракаллă шултра выльăх ферминче ĕçлекенсем кашни ĕнерен 4.500 килограмран кая мар сĕт суса илессишĕн, сысна ферминче ĕçлекенсем—кашни сысна амин чĕрĕ виçине 1.200 килограма çитерессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Эпир Тăван çĕршыва апат-çимĕç тата чĕртавар çултан-çул нумайрах та нумайрах парса тăрăпăр.

**Г. КУЗЬМИНСКАЯ,**
Çĕрпӳри селекци станцийĕн научнăй сотрудникĕ.

# *Хамăр республика тăрăх*



Суворовски училищере вĕренекен Юрий Лаврентьевпа Александр Громов хĕллехи каникула Шупашкарта ирттернĕ. Укерчĕк çинче каникул хыççăн суворовецсене ăсатса янине кăтартнă. Сулахай енче—Юрий Лаврентьев амăшĕ Евдокия Лаврентьева.

П. ЕФРЕМОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Художествăллă пултарулăх коллективĕсен смотрĕ

Шупашкарта промысла артелĕсенче тата вăрман промысла артелĕсенче ĕçлекенсен художествăллă пултарулăх коллективĕсен республикăри смотрĕ пулса иртрĕ.

Республикăри смотр умĕн артельсенче вырăнсенчи смотрсем пулнă. Ку смотрсене драма, хор, хореографи коллективĕсем, халăх инструменчĕсен оркестрĕсем тата уйрăм исполнительсем хутшăннă. Вырăнсенчи смотрсенче мала тухнă художествăллă пултарулăх коллективĕсемпе уйрăм исполнительсем Шупашкара килсе хăйсен творчествине кăтартрĕç.

Шупашкарта пулса иртнĕ смотра 8 хор, 4 хореографи коллективĕ тата халăх инструменчĕсен пĕр оркестрĕ, уйрăм исполнительсем 21 çын, пĕтĕмпе 256 çын хутшăннă.

Смотр ирттерес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси тата жюри, смотр итогĕсене пăхса тухса, Шупашкарти «Красный кустарь» артелĕн хор коллективĕпе Сĕнтĕрвăрринчи «Портной артелĕн хор коллективĕ пĕрремĕш вырăна тухнине палăртнă.

«Красный кустарь» артелĕн хорĕ — çамрăк коллектив. Ăна иртнĕ çулта организациленĕ. Çине тăрса ĕçленипе тата коллектив руководителĕ В. Галкина тăрăшнипе хор паха тĕслĕхсем кăтартрĕ. Хор Блантерăн «Песня о Сталине», Лебедевăн «Эпир миршĕн», Захаровăн «Слава Советской державе» юрăсене лайăх юрларĕ.

Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артель хорĕ тахçантанпах тата яланах ĕçлесе тăракан коллектив. Ăна паллă композитор А. Тогаев ертсе пырать. Смотрта хор Захаровăн «Наша сила в деле правом», Тогаевăн «Вăйăра», Туликовăн «Жигули», «Приезжали на побывку» юрăсене пысăк пахалăхпа юрласа пачĕ.

Вăрнарти «Красный кустарь» тата Канашри «Дружба» артельсенчи хор коллективĕсем иккĕмĕш вырăна тухрĕç.

Çĕрпӳри «Перламутр», Вутланти (Красноармейски районĕ) «Красное знамя», Шупашкарти «Металлист» артельсенчи хорсем виççĕмĕш вырăн йышăнчĕç.

Çĕмĕрлери Ширшов ячĕпе тăракан артелĕн художествăллă пултарулăх коллективĕ, «Октябрь» ятлă литературăпа музыка монтажне кăтартса, смотрта пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Коллектив творчество тĕлĕшĕнчен вăйлă, унта артельте ĕçлекенсем 68 çын тăраççĕ.

Шупашкарти «Победа» артелĕн халăх инструменчĕсен оркестрĕ смотрта, оркестрсем енĕпе, пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Оркестр Блантерăн «Песня о Сталине», чăваш халăх ташшин кĕввине, «Уралочка», «Пряха» ятлă халăх юррисен кĕввисене пысăк ăсталăхпа вылярĕ.

Ташă коллективĕсем енĕпе Çĕмĕрлери Ширшов ячĕпе тăракан артелĕн хореографи коллективне палăртмалла.

Уйрăм исполнительсенчен Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артелĕнче ĕçлекен Г. Куданова Уйăп Мишшин «Улăпла утăмсем» ятлă сăввине ăста вуласа парса, вулавçăсем енĕпе пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Юрлакансенчен Вăрнарти «Красный кустарь» артелĕнче ĕçлекен И. Власова, «Скороход» артельти закройщица Е. Семенова, Шупашкарти «Победа» артелĕнче ĕçлекен М. Андриянова, Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артелĕнче ĕçлекен К. Смирнова юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартрĕç. И. Власова юлташ Витвицкий композитор çырнă «Желание» тата Фрекельман композитор халăх юрринчен йĕркеленĕ «Охотничья шуточная» юрăсене çав тери илемлĕ сасăпа тата пысăк ăсталăхпа юрласа пачĕ, куракансене савăнтарчĕ.

Вулавçăсен енĕпе иккĕмĕш вырăна Çĕрпӳри «Перламутр» артелĕнче ĕçлекен Т. Ананьева, Чăвашшвейпромсоюзра ĕçлекен С. Никитин юлташсем йышăнчĕç.

**Н. АМУРЦЕВ, В. ДОБРЫНИН.**

☆

## Поселокри клуб

Темиçе çул каярах Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Саланчăк поселокĕнче клуб уçнăччĕ. Клубра 150 çын вырнаçмалăх зал, вулламалли пӳлĕм, библиотека пур.

Поселокри ĕççыннисем клуба куллен çӳреççĕ. Вĕсем çĕнĕ хаçат-журнал вулаççĕ, пĕрлешсе радио итлеççĕ, кашни кас тенĕ пекех кинокартинăсем кураççĕ, лекцисем итлеççĕ.

Клубра Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ çинчен калакан материалсен витрини тунă. Клуба пыракансем валли словарьсем, диаграммăсем, альбомсемпе географи карттисем тата ытти тĕрлĕ наглядлăй пособисем пур. Халĕ, вырăнти Советсен суйлавĕ çывхарнă май, агитаторсем хăйсен ĕçне чылай вăйлатрĕç.

Библиотекăн кĕнеке фончĕ çуллен ӳссе пырать. Çур çул каялла 509 çынна яхăн кĕнеке илсе вуланă пулсан, халĕ 800 çынна яхăн кĕнеке илсе тăраççĕ.

Клуб йĕркеллĕ ĕçлекен культура центрĕ пулса тăнишĕн ĕççыннисем чĕререн савăнаççĕ.

**В. ШАЛТАЙКИН.**

## Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма

УЛАТĂР. Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма çултан-çул ытларах укçа уйăрса параççĕ. Иртнĕ çулта хулана илемлетсе йĕркелеме 800 пин тенкĕ ытла расходланă. Хулари чылай урамсене чул сарса юсанă. Чугун çул линийĕ урлă çуран касса çӳреме тимĕр кĕпер тунă, нумай хваттерлĕ темиçе çурт туса лартнă.

Кăçал хулари ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма пĕр миллион тенкĕ ытларах укçа уйăрса панă. Çак укçапа хула Совечĕ Киров урамне чул сарса тӳрлетме, Ленин урамĕнчи тротуарсене асфальт сарса тикĕслеме палăртнă. Кунсăр пуçне, хулара çĕнĕ электростанци, 350 çын вырнаçмалăх кинотеатр, 440 вырăнлă вăтам шкул тума пуçлаççĕ, ĕççыннисем валли нумай хваттерлĕ çуртсем лартаççĕ.

**И. ГРИГОРЬЕВ.**

### ХАСТАРЛĂ КОНТРОЛЕР

ТĂВАЙ. Районти перекет кассин Эльпуçĕнчи агентствинче Н. Воробьев юлташ контролер пулса ĕçлет. Вăл 65 çулта. Хăйĕн ĕçне яланах тивĕçлипе туса пырать. Кашни çулах çулталăк планне ирттерсе пурнăçлать. 1952 çулта IV-мĕш кварталта вкладчиксен йышне нумай ӳстерчĕ, çулталăкри плана 206 процент тултарчĕ.

Çак çитĕнĕве вăл ĕççыннисем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе куллен туса пынипе тунă. Воробьев юлташ хăйĕн ĕçри опытне кашни çулах ӳстерсе пырать.

**А. НИКОЛАЕВ.**

## Трактористсен курсĕ

ЕЛЧĔК. Машина-трактор станци çумĕнче трактористсем вĕрентсе хатĕрлемелли 3 уйăхлăх курс ĕçлеме пуçларĕ. Курсра 45 çамрăк вĕренет.

Пулас трактористсем агротехника ыйтăвĕсене те вĕренеççĕ. Ку тĕлĕшпе занятисене МТС-ăн главнăй агрономĕ М. Никишев юлташ ирттерет. Трактористсен курсĕнче «Вперед» колхозран 3 çамрăк, Мичурин ячĕпе тăракан колхозран 4 çамрăк вĕренет.

**И. НАУМОВ.**

# Манăн обязательство—1953 çулта кашни ĕнерен 2.500 литр сĕт

**Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз дояркки А. ЛЕДНЕВА юлташ каласа пани**

Тăватă çул хушшинче эпĕ хама çирĕплетсе панă ĕнесенчен 67 пин килограмм сĕт суса илтĕм, 40 пăру ӳстертĕм, вĕсене кашнинех 20 кун çитиччен пăхрăм.

1952 çулта кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.919 литр сĕт суса илтĕм. Хăшпĕр ĕнесем вара кунтан та ытларах сĕт пачĕç. Сăмахран: çичĕ пăру амăш пулнă «Субботка» 2.500 литр, ултă пăру амăш пулнă «Тамарка» 2.125 литр сĕт пачĕç.

Ĕнесене эпĕ пăрулас умĕн уйрăммăнах тăрăшса пăхатăп. Пăрулана хыççăн вара çур витре ăшă шыв тата тăраниччченех çимелĕх лайăх утă паратăп, сехет çурăран сума та тытăнатăп.

Ĕнесене эпĕ пăрулана кунах лайăх утă кăна мар, тата пĕр килограмм посыпка янă çăра шыв та паратăп. Концентратлă апата тăтăшах ӳстерсе пыратăп. 10—12 кунтан вара ăна рационра палăртнă таранах паратăп.

Ĕнесене пăхас, ĕçтерес-çитерес тĕлĕшпе эпĕ ветеринарипе зоотехника правилисене çирĕп пăхăнса тăратăп. Утăпа улăма нихçан та çаплипех памастăп, малтан туратăп, унтан пăспа çемçететĕп, çакăн хыççăн вара тăварпа çăнăх сапса пăтрататăп. Çакăн пек апата ĕнесем питĕ юратса çиеççĕ. Çак апата эпир çапла хатĕрлетпĕр: пирĕн юр...ăлттарнă шăтăксем пур, вĕсене хăма çаптарса тухнă. Кашни шăтăкĕ тăватă пайлă. Туранă улăм çине вĕри шыв яратпăр, унтан ăна лайăх кăна пусаратпăр, вара посыпкăпа тăвар хутăштарса пăтрататпăр. Çапла хатĕрленĕ улăм икĕ талăкран ĕнесене çитерме юрăхлă апат пулса тăрать.

Ĕнесене хуть те хăçан та пĕр вăхăтра сăвас пулать тата вĕсен черетлĕхне сыхлас пулать. Çав черетлĕхе пăхăнмасан, ĕне хумханать, сĕтне чакарать. Сăвасса эпĕ талăкне тăватă хут сăватăп, нумай сĕтлĕ ĕнесене вара ултă хутчен сăватăп. Çитерессе те тăватă хут çитеретĕп. Талăк рационне çакăн пек апат кĕрет: 4 килограмм утă, 8 килограмм улăм, 8 килограмм хĕрлĕ кăшман, 10 килограмм силос, 2 килограмм концентрат, 40 грамм тăвар.

1952 çулта эпĕ 500 ĕçкунĕ туса 350 килограмм тĕштырă, сĕт суса илес плана ирттерсе тултарнăшăн хушса тӳлемелли йĕркепе 619 литр сĕт тата пăрусене тĕрĕс-тĕкĕл пăхса ӳстернĕшĕн 150 литр сĕт илтĕм.

Эпĕ виçĕ çул вĕренмелли зоотехника курсĕнче виççĕмĕш çул вĕренетĕп ĕнтĕ, илнĕ пĕлӳсемпе хам ĕçре усă курма тăрăшатăп.

Социализмлă ăмăртăва хутшăнса, 1953 çулта кашни сăвакан ĕнерен 2.500 литр сĕт суса илме сăмах паратăп.

## Ĕнесенчен ытларах сĕт суса илер

**Красноармейски районĕнчи «Красное Сормово» колхозри доярка Е. Андреева юлташ каласа пани**

Эпĕ фермăра доярка пулса ĕçлеме 1951 çулта тытăнтăм. Ун чухне пирĕн фермăри ĕнесем çулталăкра 560 литртан ытла сĕт паман. Кун пек сахал сĕт суса илни мана кăнăç памасчĕ. Эпĕ мĕн май пур таран ытларах сĕт суса илес задача лартрăм. Хамăн тĕллеве пурнăçлама мана колхозри зоотехника курсĕнче вĕренни питĕ пулăшрĕ. Унта эпĕ пĕр сиктермесĕр çӳрерĕм.

Хама çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илтĕм, вĕсене лайăх пăхса ӳстертĕм.

Ĕнесенчен сĕт нумай суса илесси, вĕсене тĕрĕс пăхнинчен килет. Эпĕ кашни ĕнене уйрăммăн пăхатăп, вăхăтра тăрантаратăп, шăваратăп. Çуллахи вăхăтра ĕнесене уйрăммăн тата уйрăм участоксем çинче тăрантаратăп.

Ĕнесене кунне виçшер хут сăватăп. Сăвас умĕн ĕне çиллине массаж тăватăп. Массаж туни пысăк усă парать.

Ĕнесен кулленхи рационне сĕтеклĕ апат ытларах кĕртме тăрăшатпăр, мĕншĕн тесен сăвакан ĕнесене сĕтеклĕ апат питĕ кирлĕ. Çавăнпа та эпир июнь уйăхĕн вĕçĕнчех силос хывса хăваратпăр. Август уйăхĕнче ĕнесене силос паратпăр. Уй-хирте курăксем сахаллансан, сентябрь уйăхĕнчен пуçласа, ĕнесене кăшман паратпăр. Кăшман çиме ĕнесене ерипен хăнăхтарса пынă, халĕ кунне 16-шар килограмм е тата ытларах та паратпăр.

Çапла вара планпа иртнĕ çулталăк хушшинче кашни ĕнерен 950 литр сĕт суса илмелле пулнă пулсан, эпĕ хама çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1.214-шар литр сĕт суса илтĕм.

Партипе правительство пирĕн умма пысăк задача лартнă: пирĕн çитес 2—3 çул хушшинче кашни ĕнерен çулталăкра 2.000 килограмм сĕт суса илмелле. Эпĕ çак задачăна пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлетĕп. Ăна пурнăçлама пур майсем те пур. Çав задачăна пурнăçлас тесен, пирĕн, дояркăсен, зоотехникăна тăрăшса вĕренмелле, хамăра шанса панă ответлă ĕçе юратса, тӳрĕ кăмăлпа туса пымалла.

# Сĕнтĕрти пир-авăр фабрикинче

Пĕрремĕш сменăра ĕçлекенсен пухăвĕ пырать. Оратор хĕрсе кайсах калаçать.—Хăшпĕр юлташсем техникăллă занятисене сиктерсе çӳреççĕ. Тен, вĕсем вĕренесшĕн мар?—Анна Петровна мастер блокнот çине:—Ку тĕрĕс мар. Çынсене япăх пĕлетĕр. Рабочисем тем пек вĕренесшĕн, тесе çырать.

Анна Петровна кружоксемпе курссен занятийĕсенче час-часах пулать. Çип татăлсан хăш алăпа мĕн тумалли, станок умĕнче мĕнле тăмалли тата мĕнле çаврăнкаламалли çинчен каласа панине ткачихăсем тетрадь çине кăмăлсăр çырса пыраççĕ, мĕншĕн тесен ăна вĕсем ахаль те пĕлеççĕ.

— Рабочисем вĕренесшĕн, вĕсем çĕннине, кирлине пĕлесшĕн, шухăшлать мастер.—Стахановецсен аван пуçарăвĕсене анлăн сармалла. Çакă чи кирли,—тесе шутлать Анна Петровна.

Рабочисем ыйту хыççăн ыйту параççĕ.—Эсир стахановецсен хисепне ӳстерес тĕлĕшпе мĕн тума сĕнетĕр?—Аван, кирлĕ ыйту Анчах та тӳрех ответлеме йывăр. Докладчик хуçкаланса илет.

— Эпир вĕрентетпĕр, анчах пурте стахановец пулаймаççĕ,—тет вăл. Итлесе ларакансене çакă тĕлĕнтерчĕ.

— Ку тĕрĕс мар. Сменăри рабочисем пурте стахановец пулма пултараççĕ.

Докладчик татах хуçкаланать.

— Хăшĕ стахановла ĕçлесшĕн, хăшĕ—çук пулас,—тет татах. Итлесе ларакансем шавласа илеççĕ.

— Кам ĕçлеме юратмасть? Кăтартăр ăна,—тенĕ сасăсем илтĕнеççĕ.

Каçхине тин Анна Петровна пухуран килне таврăнать. Ăна пухура хускатнă ыйтусем хумхантараççĕ.

— Стахановец пулас мар текен çынсем пирĕн фабрикăра çук. Анчах мĕншĕн ха хăшпĕрисем юлса пыраççĕ? Нумай шухăшланă хыççăн вăл Сталинла преми лауреачĕ Ковалев инженерăн паха опытне аса илет.—Малта пыракансен меслетне пĕтĕçтерсе сармастпăр, çавăнпа хăшпĕрисем тухăçлă ĕçлеймеççĕ,—шухăшлать мастер.

Çак тĕслĕх партин XIX-мĕш съезчĕ уçăлас умĕн пулнă.

Пĕр ирхине цеха çиçĕм хаçат илсе пынă. Унта лайăх курăнмалла хĕрлĕ саспаллисемпе:—Блинова ткачиха пек ĕçлĕр! Вăл нормăна 135 процент тултарать, тесе çырнă. Блинова юлташ стахановла ĕçленине нумайăшĕ пĕлеççĕ. Анчах вăл хăш операцисене ыттисенчен хăвăртрах туни паллă пулман. Çавăнпа та пĕррехинче Клавдия Константинова Блиновăран çапла ыйтать:

— Çип татăлсан санран хăвăртрах сыпатăп. Ытти операцисене эсир мĕнле тунине пĕлместĕп. Каласа парăр мана.—Çак калаçу çинчен Анна Смирнова илтет. Чăнах та мĕне вĕренмелле Константиновăн тата ытти стахановкăсен Блиновăран? Блинова хастарлă ткачиха. Вăл ĕç нормине яланах ирттерсе тултарать, паха продукци туса кăларать. Анчах Блинова Константиновăран вăраххăнрах çип сыпнине мастер пĕлмен. Çакă мастера тарăн шухăша ярать. Вăл çĕнĕрен стахановка кун-çулне аса илет.

Антонина Блинова фабрикăна 1950 çулта кĕркунне кĕнĕ. Малтанах техничка пулса ĕçленĕ, каярахпа ученика куçарнă. Ăна ăста ткачиха Матрена Романова вĕрентнĕ. Антонина тăрăшса вĕреннĕ. Виçĕ уйăхран ăна пир тĕртмелли станок шанса параççĕ. Часах çамрăк ткачиха паха тĕслĕхсем кăтартма тытăнать. Халĕ вăл ĕç нормине 150 процентран кая мар тултарса пырать, пĕрремĕш сорт продукци 99 процент парать.

...Паллă стахановкăн лайăх опытне сарас тесе, фабрикăри парторганизаци секретарĕ М. Ковалева юлташпа мастер А. Смирнова юлташ Блиновăн ĕç меслечĕсене пĕтĕçтерме йышăннă.

Станоксем шавлаççĕ. Кĕтмен çĕртен Антонина ĕçлекен икĕ станок харăсах чарăнаççĕ. Пĕрин çип татăлнă, теприн—çĕре çумĕнчи çип касса кĕнĕ мĕн. Ткачиха малтан ĕçе хăвăртрах яма май пур станок патне, унтан тепри патне пырать. Çапла туни ăна вăхăта перекетлеме пулăшать.

Тепĕр кунне Блинова ĕçленĕ вырăна виççĕн пырса тăраççĕ. Вĕсем ткачиха ĕç вырăнне мĕнле хатĕрленипе, инструментсене ăста хунипе, тĕрлĕ операцисене мĕнле пурнăçланипе тимлĕн интересленеççĕ. Çав кун Антонина сменăра кашни станок пуçне 25-шер метр вырăнне 39-шар метр тĕртсе кăларать. Ку—паха тĕслĕх. Анчах тимлĕн тĕпчесе пăхнă хыççăн, Блинова юлташ хăшпĕр операцисене хăвăрт пурнăçламанни палăрать. Ковалева юлташпа Смирнова юлташ çакăнтан тивĕçлĕ вывод тăваççĕ: ытти стахановецсен ĕçне те тишкерсе тухмалла. Пĕрисем ăса ăшне çĕре хăвăрт вырнаçтараççĕ, теприсем—пушă çĕре ăсаран хăвăрт кăлараççĕ, виççĕмĕшсем—тулли çĕрре ăсана хăвăрт вырнаçтараççĕ, çĕрĕ çумĕнчи çипе ăса виттĕр хăвăрт кăлараççĕ.

Пĕррехинче Анна Петровна Анастасия Шурнеевăна çапла сĕнчĕ:

— Эсир хăвăрăн ĕçу çинчен çырса пама пултаратăр-и?

— Мĕнле çырас,—тĕлĕнсе ответлет Анастасия.—Эпĕ халиччен ун çинчен çырман, Анна Петровна. Ку—питĕ йывăр ĕç. Эпĕ алăсемпе мĕнле ĕçленине кăна çырма пултаратăп.

— Çавăн çинчен çырăр. Çавă питĕ кирлĕ.

Часах цехра ултă стахановка çырнă боевой листок тухать. Унта стахановкăсем ĕç нормине мĕнле майпа ирттерсе тултарни, паха продукци пани çинчен çырнă мĕн. Ултă автор, ултă—паха опыт.

Кун хыççăн тата ытти авторсем хăйсен ĕç опытне çырса пĕлтереççĕ. Çапла саралать фабрикăра стахановла ĕç меслечĕ. Тăрăшса ĕçлени сая кайман. Халĕ фабрикăра ĕç нормине тултарайман рабочи çук. Стахановецсен ĕç опычĕсене сарма пĕлнипе, фабрика плана уйăхран уйăха ăнăçлăн тултарса пырать.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн рабочисем хăйсен пĕтĕм вăйне хурса ĕçлеççĕ, стахановла юхăма сараççĕ.

**Д. ВЕРШКОВ.**

*Малта пыракансен опытне—мĕн пур ферма работникĕсене*

# Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри работниксем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарар!

## Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн

1952 çулта Чăваш государство селекци станцийĕн коллективĕ, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессишĕн социализмлă ăмăртăва массăллăн сарса, выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ÿстермелли плана иртттерсе тултарчĕ. Сăмахран, кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.110 килограмм сĕт суса илнĕ, кашни сысна аминчен 17,2 çура илнĕ. Çав çурасем икĕ уйăхра вăтам шутпа 14-шар килограмм тайнă. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана иртерсе тултарнă.

Станци чылайранпа ĕнтĕ çĕрпшыври Красногорбатовски ĕнесен ăратлăхне лайăхлатассишĕн тата пысăк тухăçлă вырăнти сыснасен йăхне тăвассишĕн тăрăшса ĕçлет. Халĕ станцири мĕнпур ĕнесемпе сыснасене Государство ăратлă кĕнеки çине кĕртнĕ.

1952 çулта 300 кун хушшинче чи лайăх ĕнесем çакăн чухлĕ сĕт панă: «Телочка» — 5.435 килограмм, «Вланка»—5.410 килограмм. Ольга Митрофанова доярка кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.700-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Антонина Максимова свинарка кашни сысна аминчен 17,6-шер çура илсе ÿстернĕ. Александра Харитонова свинарка самăртма уйăрнă сыснасен виçине куллен 700—1.400 грамм ÿстерсе пынă. Станци пĕтĕмĕшпе илнĕ тупăшра выльăх-чĕрлĕхрен илнĕ тупăш 52 процент йышăнать.

Эпир уй-хир тата тырра курăкпа ылмаштарса акмалли пусă çаврăнăшне пурнăçа кĕртрĕмĕр, выльăхсем валли тĕрлĕ йышши апатсем хатĕрлесе хуратпăр. Выльăхсене паракан апат норминче утă тата сĕтеклĕ апатсем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

Коллективра ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн, çамрăк выльăхсене пурне те пăхса усрассишĕн, выльăхсен виçине ытларах ÿстерессишĕн социализмлă ăмăрту саралнă.

1952—1953 çулсенчи хĕллехи вăхăтра çитерме кашни ĕне валли вăтам шутпа 27 центнер утă, 10 центнер çурхи улăм, 30 центнер силос, 30 центнер чĕкĕнтĕр, çичĕ центнер концентрат, кашни сысна ами валли (çурисемпе пĕрле) — утă—ултă центнер, силос—вунă центнер, çĕрулми—70 центнер, концентрат — 15 центнер хатĕрлесе хунă.

Пирĕн станци çуллахи вăхăтра чылайранпа ĕнтĕ выльăхсене лагерьте усрать. Сăмахран, майракаллă шултра выльăхсене çулсерен Çĕрпÿ юханшывĕ хĕррине лагере ăсататпăр. Унта вĕсем валли лупассем, тин çеç çуралакан пăрусем валли пĕчĕк пÿлĕмсем тунă.

Лагерьсем çывăхĕнчех курăк акса ÿсеретпĕр. Тĕрлĕ курăксене тĕрлĕ вăхăтра акатпăр. Çапла туни выльăхсене пĕрмаях ешĕл, чĕрĕ, сĕтеклĕ курăк парса тăма май парать.

1952 çулхи августăн 13-мĕшĕнче 17 гектар çине ыраш акса хăвартăмăр. Ситтес çуркунне выльăхсене çав ыраш калчине çулса çитеретпĕр. Июнĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1951—1952 çулсенче акнă нумай çул ÿсекен курăксене, июнĕн 15-мĕшĕпе августăн 1-мĕшĕ хушшинче—викăпа сĕлĕ калчи çитеретпĕр. Çав тĕлĕшпе 30 гектар çине тĕрлĕ вăхăтра сĕлĕпе вика акатпăр. Августăн 1-мĕшĕпе сентябрĕн 15-мĕшĕ хушшинче выльăхсене нумай çул ÿсекен курăксен кăюне, сентябрĕн 15-мĕшĕнчен вара—кĕрхи ыраш калчи çитеретпĕр. Станци уйрăмах ыраш акма сĕнет. Пирĕн условисенче вăл лайăх культура. Кĕркунне тăпра шăнсан тата çуркуннен малтанхи кунĕсенче выльăхсене калча çине ярса çитерме пулать, ытти курăксем ÿссе çитĕнмен чухне пур выльăхсене те çулса пама юрать. Выльăхсем çисе ярайман ешĕл ыраш калчинчен утă тума пулать. Ыраш калчипе çуркунне усă курни пÿрлĕ, курăк ÿссе çитмен çеремсем çине выльăхсене кăларса çĕре таптаса хытарасран сыхласа хăварма пулăшать. Тăпра типсе çитсен, курăк 10—15 сантиметр çÿлĕш ÿссен çеç эпир выльăхсене çеремсем çине кăларатпăр.

Пирĕн тĕллев—уйрăм ĕнесен тухăçлăхне çеç мар, мĕнпур ĕнесен тухăçлăхне ÿстересси.

Пăруличчен икĕ уйăх маларах ĕнесене тĕрлĕ апат тата ытларах параççĕ. Çапла тăрантарни лайăх аталаннă пăру илме май парать. Çураличчен 1,5—2 уйăх хушшинче пăру малтанхи 7,5 уйăх хушшинчи чухлĕ ÿсет. Лайăх, тĕрлĕ апат çитерни ĕне сĕт парассине те ÿстерет. Ĕне пăрулама лайăх хатĕрленнине унăн самăрлăхĕнчен пĕлме пулать.

Ĕне пăруласан ăна малтанхи кунсенче утă çеç параççĕ. Пăрулана хыççăн 10 кун çитнĕ тĕле вара майĕпен ытти концентратсемпе сĕтеклĕ апатсем пама тытăнаççĕ. 15—20 кун иртсен пĕр килограма яхăн концентрат тата 5—6 килограмм тымарçимĕç хушса параççĕ. Çавăн хыççăн ĕне сĕт ÿстерсен, ăна 10 кун иртсен апат çĕнĕрен ÿстерсе параççĕ. Çавăн пек майпа ĕне сĕт парассине ÿстереççĕ. Апат хушса панă хыççăн ĕне сĕт парассине ÿстермесен ăна ĕлĕкхи чухлех апат параççĕ.

Апата çитерме лайăх хатĕрленин пĕлтерĕшĕ пысăк. Тĕштырра авăртса посыпка туса пани усăллă пулнине яланах асра тытатпăр. Посыпкăна тĕрлĕ тĕштырăран авăртса тусан тата лайăхрах. Тымарçимĕçсене шăнтмалла мар. Вĕсене лайăх çуса тата вакласа, çĕрулмине — пĕçерсе, утăпа улăма—тураса, пăспа çемçетсе тата посыпкăпа тăвар сапса памалла.

Уйрăмах шыв пĕлтерĕшне палăртас пулать. Выльăхсене шыв нумай кирлĕ. Сăмахран, сыснана типĕ апатăн кашни килограмĕ пуçне 7—8 литр, ĕнене—4—6 литр шыв кирлĕ. Асăннă цифрăсенчен çакă курăнать: сăмахран, ĕне типĕ апат 16—20 килограмм çисен, ăна 100—120 литр шыв кирлĕ. Ĕне пĕр харăс çавăн чухлĕ шыв ĕçме пултарать-и? Çук, пултараймасть. Апла пулсан ăна талăкра 4—5 хут шăвармалла. Ĕнесем хăйсем ĕçес тенĕ чухне ĕçсен тата лайăхрах. Автопоилкăсем дояркăсене шыв йăтас йывăр ĕçрен хăтараççĕ, ĕнесен тухăçлăхне 10—15 процент ÿстереççĕ.

Фермăсенче çирĕп кун йĕрки тунă. Урăхла каласан, выльăхсене палăртнă сехетсенче çитереççĕ, сăвaççĕ, тасатаççĕ, усă сывлăш çине кăлараççĕ тата кантараççĕ.

Çирĕп йĕрке тунин пĕлтерĕшĕ пысăк, мĕншĕн тесен выльăхсен тухăçлăха ÿстерме пулăшакан условнăй рефлекс пулать. Çав рефлекса пăртак пăссан та выльăхăн тухăçлăхĕ чакать. Ĕнесен тухăçлăхне ÿстермелли резерв вăл—сĕт çулăхне ÿстерни. Юлашки вăхăтра пирĕн работниксем сĕт çулăхне ÿстерекен çĕнĕ меслетпе—ĕне çилли çине ăшă компрес хурас меслетпе хытă интересленме тытăннă.

Мичуринла малта пыракан наука тата пирĕн селекци станцийĕн опычĕ выльăхсен пахалăхĕ улшăнса пынине кăтартаççĕ. Тивĕçлĕ май тăрантарса тата пăхса усраса выльăх пахалăхне хамăра кăмăла кайнă пек улăштарма пулать.

Суйласа илсе тата наука вĕрентнĕ пек пăхса усраса станци «Цивильская» ятлă пысăк тухăçлă сысна ăрачĕ илчĕ. Çĕнĕ ăратлă сыснасен амисем хăйсен йăхĕ пулнă сыснасенчен 1,7 хут нумайрах çăвăр çăвăрлаççĕ, вĕсен сĕт 2,5 хут ытларах. Вырăнти сыснасем çулталăкра пĕр-икĕ пăт туртакан пулаççĕ пулсан, пирĕн сыснасем çулталăкра 12 пăт, виçĕ çулта—25—28 пăт таяççĕ.

Асăннă сыснасен тухăçлăхĕ пысăккине тата вĕсем вырăнти условисенче лайăх аталаннине шута илсе, СССР Министрĕсен Совечĕ Çĕрпÿре государствăн ăратлă рассадникне организацилеме йышăннă. Çак рассадникре республикăри колхозсем валли çĕнĕ ăратлă сысна ĕрчетмелле.

«Цивильская» ятлă сыснасем ытти йышши сыснасенчен хăвăртрах самăрлаççĕ. Эпир кÿрсе килнĕ шурă ăратлă сыснасемпе «Цивильская» ятлă сыснасене сăнаса самăртса пăхрăмăр. Пирĕн сыснасем хăвăртрах ÿсеççĕ, пĕр килограмм чухлĕ ÿсĕм тума апат 13,7 процент сахалтарах кирлĕ. Çав вăхăтрах вĕсем икĕ хут çуллăрах пулаççĕ. «Цивильская» сыснасен пахалăхне аш-какай комбинатĕнче сăнаса пуснă чухне палăртнă. Çак сыснасен пĕверĕ тата диафрагми ытларах аталаннă, пыршисем вăрăмрах. Çавăнпа та ĕнтĕ вĕсем апатпа лайăхрах усă кураççĕ.

Эпир сысна амисене ытларах çăвăрлаттарма тăрăшатпăр. Çулсерен кашни ама икшер хут çăвăрлать. Сысна амисене пĕррремĕш хут январьпе февраль уйăхĕсенче, иккĕмĕш хут—июньпе июль уйăхĕсенче çăвăрлаттармалла тăватпăр. Хĕллехи тата ирхи çуркуннехи çурасем лайăх ÿсеççĕ, çулталăкра 200 килограмм таякан пулаççĕ.

Сысна амисемпе açисене белокпа минераллă япаласем нумай тытакан апат памалла. Пирĕн условисенче çав япаласем çулла—курăкра, уйрăмах клеверпа люцернăра, хĕлле—касса туранă утăра тата арпара нумай.

Пирĕн станци коллективĕ, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, 1953 çулта çĕнĕ тата пысăк çитĕнÿсем тума обязательство йышăнать. Чи лайăх дояркăсенчен пĕри Ольга Митрофанова кашни ĕнерен 5 пин килограмран кая мар сĕт суса илме сăмах парать. Майракаллă шултра выльăх ферминче ĕçлекенсем кашни ĕнерен 4.500 килограмран кая мар сĕт суса илессишĕн, сысна ферминче ĕçлекенсем—кашни сысна амин чĕрĕ виçине 1.200 килограма çитерессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Эпир Тăван çĕршыва апат-çимĕç тата чĕртавар çултан-çул нумайрах та нумайрах парса тăрăпăр.

**Г. КУЗЬМИНСКАЯ,**
**Çĕрпÿри селекци станцийĕн научнăй сотрудникĕ.**

# Хамăр республика тăрăх



Суворовски училищере вĕренекен Юрий Лаврентьевпа Александр Громов хĕллехи каникула Шупашкарта ирттернĕ. Ÿкерчĕк çинче каникул хыççăн суворовецсене ăсатса янине кăтартнă. Сулахай енче—Юрий Лаврентьев амăшĕ Евдокия Лаврентьева.

П. ЕФРЕМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Художествăллă пултарулăх коллективĕсен смотрĕ

Шупашкарта промысла артелĕсенче тата вăрман промысла артелĕсенче ĕçлекенсен художествăллă пултарулăх коллективĕсен республикăри смотрĕ пулса иртрĕ.

Республикăри смотр умĕн артельсенче вырăнсенчи смотрсем пулнă. Ку смотрсене драма, хор, хореографи коллективĕсем, халăх инструменчĕсен оркестрĕсем тата уйрăм исполнительсем хутшăннă. Вырăнсенчи смотрсенче мала тухнă художествăллă пултарулăх коллективĕсемпе уйрăм исполнительсем Шупашкара килсе хăйсен творчествине кăтартрĕç.

Шупашкарта пулса иртнĕ смотра 8 хор, 4 хореографи коллективĕ тата халăх инструменчĕсен пĕр оркестрĕ, уйрăм исполнительсем 21 çын, пĕтĕмпе 256 çын хутшăннă.

Смотр иртерес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси тата жюри, смотр итогĕсене пăхса тухса, Шупашкарти «Красный кустарь» артелĕн хор коллективĕпе Сĕнтĕрвăрринчи «Портной артелĕн хор коллективĕ пĕррремĕш вырăна тухнине палăртнă.

«Красный кустарь» артелĕн хорĕ — çамрăк коллектив. Ăна иртнĕ çулта организациленĕ. Çине тăрса ĕçленипе тата коллектив руководителĕ В. Галкина тăрăшнипе хор паха тĕслĕхсем кăтартрĕ. Хор Блантерăн «Песня о Сталине», Лебедевăн «Эпир миршĕн», Захаровăн «Слава Советской державе» юррисене лайăх юрларĕ.

Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артель хорĕ тахçантанпах тата яланах ĕçлесе тăракан коллектив. Ăна паллă композитор А. Тогаев ертсе пырать. Смотрта хор Захаровăн «Наша сила в деле правом», Тогаевăн «Вăйăра», Туликовăн «Жигули», «Приезжали на побывку» юррисене пысăк пахалăхпа юрласа пачĕ.

Вăрнарти «Красный кустарь» тата Канашри «Дружба» артельсенчи хор коллективĕсем иккĕмĕш вырăна тухрĕç.

Çĕрпÿри «Перламутр», Вутланти (Красноармейски районĕ) »Красное знамя», Шупашкарти «Металлист» артельсенчи хорсем виççĕмĕш вырăн йышăнчĕç.

Сĕмĕрлери Ширшов ячĕпе тăракан артелĕн художествăллă пултарулăх коллективĕ, «Октябрь» ятлă литературăпа музыка монтажне кăтартса, смотрта пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Коллектив творчество тĕлĕшĕнчен вăйлă, унта артельте ĕçлекенсем 68 çын тăраççĕ.

Шупашкарти «Победа» артелĕн халăх инструменчĕсен оркестрĕ смотрта, оркестрсем енĕпе, пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Оркестр Блантерăн «Песня о Сталине», чăваш халăх ташшин кĕввине, «Уралочка», «Пряха» ятлă халăх юррисен кĕввисене пысăк ăсталăхпа выляре.

Ташă коллективĕсем енĕпе Сĕмĕрлери Ширшов ячĕпе тăракан артелĕн хореографи коллективне палăртмалла.

Уйрăм исполнительсенчен Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артелĕнче ĕçлекен Г. Куданова Уйăп Мишшин «Улăпла утăмсем» ятлă сăввине ăста вуласа парса, вулавçăсем енĕпе пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Юрлакансенчен Вăрнарти «Красный кустарь» артелĕнче ĕçлекен И. Власова, «Скороход» артельти закройщица Е. Семенова, Шупашкарти «Победа» артелĕнче ĕçлекен М. Андриянова, Сĕнтĕрвăрринчи «Портной» артелĕнче ĕçлекен К. Смирнова юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартрĕç. И. Власова юлташ Витвицкий композитор çырнă «Желание» тата Феркельман композитор халăх юрринчен йĕркеленĕ «Охотничья шуточная» юррисене çав тери илемлĕ сасăпа тата пысăк ăсталăхпа юрласа пачĕ, куракансене савăнтарчĕ.

Вулавçăсен енĕпе иккĕмĕш вырăна Çĕрпÿри «Перламутр» артелĕнче ĕçлекен Т. Ананьева, Чăвашшвейпромсоюзра ĕçлекен С. Никитин юлташсем йышăнчĕç.

**Н. АМУРЦЕВ.**
**В. ДОБРЫНИН.**

☆

### Поселокри клуб

Темиçе çул каярах Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Саланчăк поселокĕнче клуб уçнăччĕ. Клубра 150 çын вырнаçмалăх зал, вуламалли пÿлĕм, библиотека пур.

Поселокри ĕççыннисем клуба куллен çÿреççĕ. Вĕсем çĕнĕ хаçат-журнал вулаççĕ, пĕрлешсе радио итлеççĕ, кашни кас тенĕ пекех кинокартинăсем кураççĕ, лекцисем итлеççĕ.

Клубра Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ çинчен калакан материалсен витрини тунă. Клуба пыракансем валли словарьсем, диаграммăсем, альбомсемпе географи карттисем тата ытти тĕрлĕ наглядăй пособисем пур. Халĕ, вырăнти Советсен суйлавĕ çывхарнă май, агитаторсем хăйсен ĕçне чылай вăйлатрĕç.

Библиотекăн кĕнеке фончĕ çуллен ÿссе пырать. Çур çул каялла 509 çынна яхăн кĕнеке илсе вуланă пулсан, халĕ 800 çынна яхăн кĕнеке илсе тăраççĕ.

Клуб йĕркеллĕ ĕçлекен культура центрĕ пулса тăнишĕн ĕççыннисем чĕререн савăнаççĕ.

**В. ШАЛТАЙКИН.**

### Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма

УЛАТĂР. Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма çултан-çул ытларах укçа уйăрса параççĕ. Иртнĕ çулта хулана илемлетсе йĕркелеме 800 пин тенкĕ ытла расходланă. Хулари чылай урамсене чул сарса юсанă. Чугун çул линийĕ урлă çуран касса çÿреме тимĕр кĕпер тунă, нумай хваттерлĕ темиçе çурт туса лартнă.

Кăçал хулари ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма пĕр миллион тенкĕ ытларах укçа уйăрса панă. Çак укçапа хула Совечĕ Киров урамне чул сарса тÿрлетме, Ленин урамĕнчи тротуарсене асфальт сарса тикĕслеме палăртнă. Кунсăр пуçне, хулара çĕнĕ электростанци, 350 çын вырнаçмалăх кинотеатр, 440 вырăнлă вăтам шкул тума пуçлаççĕ, ĕççыннисем валли нумай хваттерлĕ çуртсем лартаççĕ.

**И. ГРИГОРЬЕВ.**

### ХАСТАРЛĂ КОНТРОЛЕР

ТĂВАЙ. Районти перекет кассин Эльпуçĕнчи агентствинче Н. Воробьев юлташ контролер пулса ĕçлет. Вăл 65 çулта. Хăйĕн ĕçне яланах тивĕçлипе туса пырать. Кашни çулах çулталăк планне иртерсе пурнăçлать. 1952 çулта IV-мĕш кварталта вкладчиксен йышне нумай ÿстерчĕ, çулталăкри плана 206 процент тултарчĕ.

Çак çитĕнĕве вăл ĕççыннисем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе куллен туса пынипе тунă. Воробьев юлташ хăйĕн ĕçри опытне кашни çулах ÿстерсе пырать.

**А. НИКОЛАЕВ.**

### Трактористсен курсĕ

ЕЛЧĔК. Машина-трактор станци çумĕнче трактористсем вĕрентсе хатĕрлемелли 3 уйăхлăх курс ĕçлеме пуçларĕ. Курсра 45 çамрăк вĕренет.

Пулас трактористсем агротехника ыйтăвĕсене те вĕренеççĕ. Ку тĕлĕшпе занятисене МТС-ăн главнăй агрономĕ М. Никишев юлташ ирттерет. Трактористсен курсĕнче «Вперед» колхозран 3 çамрăк, Мичурин ячĕпе тăракан колхозран 4 çамрăк вĕренет.

**И. НАУМОВ.**

## Манăн обязательство—1953 çулта кашни ĕнерен 2.500 литр сĕт

**Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз доярки А. ЛЕДНЕВА юлташ каласа пани**

Тăватă çул хушшинче эпĕ хама çирĕплетсе панă ĕнесенчен 67 пин килограмм сĕт суса илтĕм, 40 пăру ÿстертĕм, вĕсене кашнинех 20 кун çитиччен пăхрăм.

1952 çулта кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.919 литр сĕт суса илтĕм. Хăшпĕр ĕнесем вара кунтан та ытларах сĕт пачĕç. Сăмахран: çичĕ пăру амăш пулнă «Субботка» 2.500 литр, ултă пăру амăш пулнă «Тамарка» 2.125 литр сĕт пачĕç.

Ĕнесене эпĕ пăрулас умĕн уйрăммăнах тăрăшса пăхатăп. Пăрулана хыççăн вара çур витре ăшă шыв тата тăраниччченех çимелĕх лайăх утă паратăп, сехет çурăран сума та тытăнатăп.

Ĕнесене эпĕ пăрулана кунах лайăх утă кăна мар, тата пĕр килограмм посыпка янă çăра шыв та паратăп. Концентратлă апата тăтăшах ÿстерсе пыратăп. 10—12 кунтан вара ăна рационра палăртнă таранах паратăп.

Ĕнесене пăхас, ĕçтерес-çитерес тĕлĕшпе эпĕ ветеринарипе зоотехника правилисене çирĕп пăхăнса тăратăп. Утăпа улăма нихăçан та çаплипех памастăп, малтан туратăп, унтан пăспа çемçететĕп, çакăн хыççăн вара тăварпа çăнăх сапса пăтрататăп. Çакăн пек апата ĕнесем питĕ юратса çиеççĕ. Çак апата эпир çапла хатĕрлетпĕр: пирĕн юри ăлттарнă шăтăксем пур, вĕсене хăма çаптарса тухнă. Кашни шăтăкĕ тăватă пайлă. Туранă улăм çине вĕри шыв яратпăр, унтан ăна лайăх кăна пусаратпăр, вара посыпкăпа тăвар хутăштарса пăтрататпăр. Çапла хатĕрленĕ улăм икĕ талăкран ĕнесене çитерме юрăхлă апат пулса тăрать.

Ĕнесене хуть те хăçан та пĕр вăхăтра сăвас пулать тата вĕсен черетлĕхне сыхлас пулать. Çав черетлĕхе пăхăнмасан, ĕне хумханать, сĕтне чакарать. Сăвасса эпĕ талăкне тăватă хут сăвататăп, нумай сĕтлĕ ĕнесене вара ултă хутчен сăвататăп. Çитерессе те тăватă хут çитеретĕп. Талăк рационне çакăн пек апат кĕрет: 4 килограмм утă, 8 килограмм улăм, 8 килограмм хĕрлĕ кăшман, 10 килограмм силос, 2 килограмм концентрат, 40 грамм тăвар.

1952 çулта эпĕ 500 ĕçкунĕ туса 350 килограмм тĕштырă, сĕт суса илес плана иртерсе тултарнăшăн хушса тÿлемелли йĕркĕпе 619 литр сĕт тата пăрусене тĕрĕс-тĕкĕл пăхса ÿстернĕшĕн 150 литр сĕт илтĕм.

Эпĕ виçĕ çул вĕренмелли зоотехника курсĕнче виççĕмĕш çул вĕренетĕп ĕнтĕ, илнĕ пĕлÿсемпе хам ĕçре усă курма тăрăшатăп.

Социализмлă ăмăртăва хутшăнса, 1953 çулта кашни сăвакан ĕнерен 2.500 литр сĕт суса илме сăмах паратăп.

## Ĕнесенчен ытларах сĕт суса илер

**Красноармейски районĕнчи «Красное Сормово» колхозри доярка Е. Андреева юлташ каласа пани**

Эпĕ фермăра доярка пулса ĕçлеме 1951 çулта тытăнтăм. Ун чухне пирĕн фермăри ĕнесем çулталăкра 560 литртан ытла сĕт паман. Кун пек сахал сĕт суса илни мана канăç памасчĕ. Эпĕ мĕн май пур таран ытларах сĕт суса илес задача лартрăм. Хамăн тĕллеве пурнăçлама мана колхозри зоотехника курсĕнче вĕренни питĕ пулăшрĕ. Унта эпĕ пĕр сиктермесĕр çÿрерĕм.

Хама çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илтĕм, вĕсене лайăх пăхса ÿстертĕм.

Ĕнесенчен сĕт нумай суса илесси, вĕсене тĕрĕс пăхнинчен килет. Эпĕ кашни ĕнене уйрăммăн пăхатăп, вăхăтра тăрантаратăп, шăваратăп. Çуллахи вăхăтра ĕнесене уйрăммăн тата уйрăм участоксем çинче тăрантаратпăр.

Ĕнесене кунне виçшер хут сăватăп. Сăвас умĕн ĕне çиллине массаж тăватăп. Массаж туни пысăк усă парать.

Ĕнесен кулленхи рационне сĕтеклĕ апат ытларах кĕртме тăрăшатпăр, мĕншĕн тесен сăвакан ĕнесене сĕтеклĕ апат питĕ кирлĕ. Çавăнпа та эпир июнь уйăхĕн вĕçĕнчех силос хывса хăваратпăр. Август уйăхĕнче ĕнесене силос паратпăр. Уй-хирте курăксем сахаллансан, сентябрь уйăхĕнчен пуçласа, ĕнесене кăшман паратпăр. Кăшман çиме ĕнесене ерипен хăнăхтарса пынă, халĕ кунне 16-шар килограмм е тата ытларах та паратпăр.

Çапла вара планпа иртнĕ çулталăк хушшинче кашни ĕнерен 950 литр сĕт суса илмелле пулнă пулсан, эпĕ хама çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1.214-шар литр сĕт суса илтĕм.

Партипе правительство пирĕн умма пысăк задача лартнă: пирĕн çитес 2—3 çул хушшинче кашни ĕнерен çулталăкра 2.000 килограмм сĕт суса илмелле. Эпĕ çак задачăна пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлетĕп. Ăна пурнăçлама пур майсем те пур. Çав задачăна пурнăçлас тесен, пирĕн, доярксен, зоотехникăна тăрăшса вĕренмелле, хамăра шанса панă ответлă ĕçе юратса, тÿрĕ кăмăлпа туса пымалла.

## Сĕнтĕрти пир-авăр фабрикинче

Пĕрремĕш сменăра ĕçлекенсен пухăвĕ пырать. Оратор хĕрсе кайсах калаçать.—Хăшпĕр юлташсем техникăллă занятисене сиктерсе çÿреççĕ. Тен, вĕсем вĕренесшĕн мар?—Анна Петровна мастер блокнот çине:—Ку тĕрĕс мар. Çынсене япăх пĕлетĕр. Рабочисем тем пек вĕренесшĕн, тесе çырать.

Анна Петровна кружоксемпе курссен занятийĕсенче час-часах пулать. Çип татăлсан хăш алăпа мĕн тумалли, станок умĕнче мĕнле тăмалли тата мĕнле çаврăнкаламалли çинчен каласа панине ткачихăсем тетрадь çине кăмăлсăр çырса пыраççĕ, мĕншĕн тесен ăна вĕсем ахаль те пĕлеççĕ.

— Рабочисем вĕренесшĕн, вĕсем çĕннине, кирлине пĕлесшĕн, шухăшлать мастер.—Стахановецсен аван пуçарăвĕсене анлăн сармалла. Çакă чи кирли,—тесе шутлать Анна Петровна.

Рабочисем ыйту хыççăн ыйту параççĕ.—Эсир стахановецсен хисепне ÿстерес тĕлĕшпе мĕн тума сĕнетĕр?—Аван, кирлĕ ыйту Анчах та тÿрех ответлеме йывăр. Докладчик хуçкаланса илет.

— Эпир вĕрентетпĕр, анчах пурте стахановец пулаймаççĕ,—тет вăл. Итлесе ларакансене çакă тĕлĕнтерчĕ.

— Ку тĕрĕс мар. Сменăри рабочисем пурте стахановец пулма пултараççĕ.

Докладчик татах хуçкаланать.

— Хăшĕ стахановла ĕçлесшĕн, хăшĕ—çук пулас,—тет татах. Итлесе ларакансем шавласа илеççĕ.

— Кам ĕçлеме юратмасть? Кăтартăр ăна,—тенĕ сасăсем илтĕнеççĕ.

Каçхине тин Анна Петровна пухуран килне таврăнать. Ăна пухура хускатнă ыйтусем хумхантараççĕ.

— Стахановец пулас мар текен çынсем пирĕн фабрикăра çук. Анчах мĕншĕн-ха хăшпĕрисем юлса пыраççĕ? Нумай шухăшланă хыççăн вăл Сталинла преми лауреачĕ Ковалев инженерăн паха опытне аса илет.—Малта пыракансен меслетне пĕтĕçтерсе сармастпăр, çавăнпа хăшпĕрисем тухăçлă ĕçлеймеççĕ,—шухăшлать мастер.

Çак тĕслĕх партин XIX-мĕш съезчĕ уçăлас умĕн пулнă.

Пĕр ирхине цеха. çиçĕм хаçат илсе пынă. Унта лайăх курăнмалла хĕрлĕ саспаллисемпе:—Блинова ткачиха пек ĕçлĕр! Вăл нормăна 135 процент тултарать, тесе çырнă. Блинова юлташ стахановла ĕçленине нумайăшĕ пĕлеççĕ. Анчах вăл хăш операцисене ыттисенчен хăвăртрах туни паллă пулман. Çавăнпа та пĕррехинче Клавдия Константинова Блиновăран çапла ыйтать:

— Çип татăлсан санран хăвăртрах сыпатăп. Ытти операцисене эсир мĕнле тунине пĕлместĕп. Каласа парăр мана.—Çак калаçу çинчен Анна Смирнова илтет. Чăнах та мĕне вĕренмелле Константиновăн тата ытти стахановкăсен Блиновăран? Блинова хастарлă ткачиха. Вăл ĕç нормине яланах ирттерсе тултарать, паха продукци туса кăларать. Анчах Блинова Константиновăран вăраххăнрах çип сыпнине мастер пĕлмен. Çакă мастера тарăн шухăша ярать. Вăл çĕнĕрен стахановка кун-çулне аса илет.

Антонина Блинова фабрикăна 1950 çулта кĕркунне кĕнĕ. Малтанах техничка пулса ĕçленĕ, каярахпа ученика куçарнă. Ăна ăста ткачиха Матрена Романова вĕрентнĕ. Антонина тăрăшса вĕреннĕ. Виçĕ уйăхран ăна пир тĕртмелли станок шанса параççĕ. Часах çамрăк ткачиха паха тĕслĕхсем кăтартма тытăнать. Халĕ вăл ĕç нормине 150 процентран кая мар тултарса пырать, пĕрремĕш сорт продукци 99 процент парать.

...Паллă стахановкăн лайăх опытне сарас тесе, фабрикăри парторганизаци секретарĕ М. Ковалева юлташпа мастер А. Смирнова юлташ Блиновăн ĕç меслечĕсене пĕтĕçтерме йышăннă.

Станоксем шавлаççĕ. Кĕтмен çĕртен Антонина ĕçлекен икĕ станок харăсах чарăнаççĕ. Пĕрин çип татăлнă, теприн—çĕрĕ çумĕнчи çип касса кĕнĕ мĕн. Ткачиха малтан ĕçе хăвăртрах яма май пур станок патне, унтан тепри патне пырать. Çапла туни ăна вăхăта перекетлеме пулăшать.

Тепĕр кунне Блинова ĕçленĕ вырăна виççĕн пырса тăраççĕ. Вĕсем ткачиха ĕç вырăнне мĕнле хатĕрленипе, инструментсене ăста хунипе, тĕрлĕ операцисене мĕнле пурнăçланипе тимлĕн интересленеççĕ. Çав кун Антонина сменăра кашни станок пуçне 25-шер метр вырăнне 39-шар метр тĕртсе кăларать. Ку—паха тĕслĕх. Анчах тимлĕн тĕпчесе пăхнă хыççăн, Блинова юлташ хăшпĕр операцисене хăвăрт пурнăçламанни палăрать. Ковалева юлташпа Смирнова юлташ çакăнтан тивĕçлĕ вывод тăваççĕ: ытти стахановецсен ĕçне те тишкерсе тухмалла. Пĕрисем ăса ăшне çĕре хăвăрт вырнаçтараççĕ, теприсем—пушă çĕре ăсаран хăвăрт кăлараççĕ, виççĕмĕшсем—тулли çĕрре ăсана хăвăрт вырнаçтараççĕ, çĕрĕ çумĕнчи çипе ăса виттĕр хăвăрт кăлараççĕ.

Пĕррехинче Анна Петровна Анастасия Шурнеевăна çапла сĕнчĕ:

— Эсир хăвăрăн ĕçÿ çинчен çырса пама пултаратăр-и?

— Мĕнле çырас,—тĕлĕнсе ответлет Анастасия.—Эпĕ халиччен ун çинчен çырман, Анна Петровна. Ку—питĕ йывăр ĕç. Эпĕ алăсемпе мĕнле ĕçленине кăна çырма пултаратăп.

— Çавăн çинчен çырăр. Çавă питĕ кирлĕ.

Часах цехра ултă стахановка çырнă боевой листок тухать. Унта стахановкăсем ĕç нормине мĕнле майпа иртерсе тултарни, паха продукци пани çинчен çырнă мĕн. Ултă автор, ултă—паха опыт.

Кун хыççăн тата ытти авторсем хăйсен ĕç опытне çырса пĕлтереççĕ. Çапла сарăлать фабрикăра стахановла ĕç меслечĕ. Тăрăшса ĕçлени сая кайман. Халĕ фабрикăра ĕç нормине тултарайман рабочи çук. Стахановецсен ĕç опычĕсене сарма пĕлнипе, фабрика плана уйăхран уйăха ăнăçлăн тултарса пырать.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн рабочисем хăйсен пĕтĕм вăйне хурса ĕçлеççĕ, стахановла юхăма сараççĕ.

**Д. ВЕРШКОВ.**



Чехословаки республики. Пльзень хулинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан заводра Франтишек Зыка токарь ĕçлет. Вăл, Совет Союзĕнчи производство новаторĕсенчен вĕренсе, метала хăвăрт касма тытăннă. Ф. Зыка—активлă рационализатор. Ăна, питĕ тĕрĕс ĕçлекен станок тупăшăн, Ĕç орденĕпе наградăланă. Ф. Зыка Венăра мире хӳтĕлес ыйтупа пухăннă Конгресс делегачĕ пулнă.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Франтишек Зыка (варринчи) хăйĕн бригадинче ĕçлекенсемпе канашлуirттерет.

ЧЕХОСЛОВАКИРИ ТЕЛЕГРАФ АГЕНТСТВИН фотоӳкерчĕкĕ.

## ССР Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи ялхуçалăх наукисен аслă учрежденийĕсен представителĕсен конференцийĕ хупăннă

ПРАГА, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Прагăра ССР Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи ялхуçалăх наукисен аслă учрежденийĕсен представителĕсен конференцийĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Конференци участникĕсем уйрăм секцисенче чылай ларусем, çавăн пекех пĕрлехи ларусем ирттернĕ. Вăл ларусенче ССР Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи ялхуçалăхĕпе ялхуçалăх наукисене аталантарассипе çыхăннă пысăк ыйтусене сӳтсе явнă. Юлашки ларура Чехословаки нумаях пулмасть тунă Ялхуçалăх наукисен академийĕн президенчĕ Антонин Клечка сăмах тухса каланă. Вăл конференци ĕçĕсен итогĕсене палăртнă.

Мĕнпур çĕршывсенчи прогрессивлă наука работникĕсем, тенĕ Клечка, çакна лайăх ăнланаççĕ: халăх демократи çĕршывĕсенчи тата Совет Союзĕнчи ученăйĕсем пĕр-пĕринпе тачă килĕштерсе ĕçлени наукăна аталантарас çĕрте питĕ пысăк вăй пулса тăнине пĕлтерет. Наукăн халăхшăн ĕçлемелле. Антонин Клечка çакна палăртнă: пĕр-пĕринпе ăнăçлă килĕштерсе ĕçленин пĕтĕмĕшлĕ тĕллевĕ халăх демократи çĕршывĕсенче социализм тăвасси, ун хыççăн совет çыннисен примерĕпе коммунизм тăвасси пулать.

## Кĕнекесем нумай пичетлесе кăлараççĕ

ВАРШАВА, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ çулта Польшăри издательствăсем 4.000 тĕрлĕ кĕнеке пичетлесе кăларнă. Кĕнекесен пĕтĕм тиражĕ 80 миллион экземпляра çитет.

«Кĕнеке тата пĕлӳ» издательстви 1952 çулта пысăк ĕç туса ирттернĕ. Издательство марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене полякла пичетлесе кăларнă. Кĕнекесен тиражĕ — 1.791 пин экземпляр.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине халиччен пулман пысăк тиражпа — 500 пин экземпляр чухлĕ пичетлесе кăларнă. Çавăн пекех Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене те пысăк тиражпа пичетленĕ.

Польшăри ĕççыннисем 1952 çулта Болеслав Берутăн «Парти çинчен» ятлă сборникне илнĕ. Вăл сборника Болеслав Берут çырнă статьясене тата тухса каланисене кĕртнĕ. Çавăн пекех Францишек Южвяк çырнă «Польшăри рабочисен партийĕ нацилле тата социальнăй ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешӳре» ятлă кĕнекене тата ытти кĕнекесене пичетлесе кăларнă.

Польшăри илемлĕ литература классикĕсен произведенийĕсене пичетлес тĕлĕшпе издательствăсем пысăк çитĕнӳ тунă. Уйрăммăн илсен, Юлий Словацкин 14 томлă сочиненийĕсен виççĕмĕш изданине кăларнă. Генрих Сенкевичăн, Элиза Ожешкон тата ытти писательсен пĕтĕм сочиненийĕсене пичетленĕ.

Польшăн хальхи вăхăтри писателĕсен пичетленсе тухакан кĕнекисем хушшинче государство премийĕсене илме тивĕçлĕ пулнă произведенисем нумай.

Вырăс классикĕсен тата Совет Союзĕнчи илемлĕ литература произведенийĕсене полякла пичетлесе кăларас ĕç çине тимлĕ пăхнă. 1952 çулта А. С. Пушкинăн «Евгений Онегин», Алексей Толстойăн «Хожление по мукам», Л. Н. Толстойăн «Война и мир», «Анна Каренина» кĕнекисем, Н. В. Гоголь произведенийĕсем, Паустовскин суйласа илнĕ произведенийĕсем, Галина Николаевăн «Жатва» ятлă кĕнеки тата ытти писательсен произведенийĕсем те пичетленсе тухнă.

### ХАЛĂХСЕН МИРЕ ХӲТĔЛЕС ТĔЛĔШПЕ ПУЛСА ИРТНĔ КОНГРЕСĔН РЕШЕНИЙĔСЕНЕ ĂНЛАНТАРАÇÇĔ

СОФИЯ, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсене ăнлантарас енĕпе Болгарире хĕрӳллĕ ĕç пырать. Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресне хутшăннă Болгари делегацийĕн членĕсем Конгресс ĕçĕпе решенийĕсем çинчен ĕççыннисен пухăвĕсенче отчетсем туса параççĕ. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ Людмил Стоянов писатель София хулинчи Коларов районĕнчи ĕççыннисен пухăвĕнче доклад туса панă. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕсем Георгий Наджаков тата Мефодий Попов академиксем Болгари ученăйĕсемпе тĕл пулнă. Унта вĕсем Конгресс ĕçĕпе решенийĕсем çинчен каласа панă.

Конгреса хутшăннă делегаци членĕсем çĕршыври мĕнпур пысăк хуласенче докладсем туса параççĕ.

## ÇША-па çар килĕшĕвĕ тунине хирĕç

### Рио-де-Жанейро хулинчи демонстраци

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн корреспонденчĕ Рио-де-Жанейро хулинчен пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер унта Бразили Конгресĕн ятарласа пухнă сессийĕ уçăлнă. Сессие ÇША-па Бразили хушшинче тунă çар килĕшĕвне çирĕплетесси çинчен сӳтсе явма пухнă. Корреспондент çакна кăтартса парать: столицăра сесси уçăлнă вăхăтра демонстраци пулса иртнĕ. Демонстрантсем ÇША-па çар килĕшĕвĕ тунине хирĕç протестленĕ. Демонстрацие Бразили столицинчи ĕççыннисен тĕрлĕ сийĕсен представителĕсем хутшăннă. Демонстраци хыççăн митинг пулса иртнĕ. Корреспондент çакна палăртать: демонстрацие ирттерессине пуçарнă çынсем хушшинче Бразили çарĕн представителĕсем те, уйрăммăн илсен, нумаях пулмасть отставкăна тухнă 10 генерал тата пĕр адмирал пулнă.

## Ливан халăхĕ Америка „пулăшнине" хирĕç протестлет

БЕЙРУТ, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ливан правительстви тата «Трумэн программин тăваттăмĕш пунктне» пурнăçлас тĕлĕшпе Ливанра ĕçлекен мисси чылай килĕшӳсем çине алă пуснă май çĕршывра çак миссин ĕçĕсене хирĕç протестлесси ӳссе пырать.

Ливанри «Телеграф» хаçат çапла пĕлтерет: унăн редакцине Франци университетĕнчи право факультетĕнче вĕренекен Ливан студенчĕсен делегацийĕ пырса кайнă. Делегаци Америкăн Ливана «пулăшакан» миссийĕн ĕçне чарса лартма требовани лартнă. Студентсем çавăн пекех ку миссие çĕршывран хăваласа кăларма требовани лартнă, мĕншĕн тесен мисси туса ирттерекен ĕçсем Ливанăн наци суверенитетне пысăк сиен кӳреççĕ.

Хаçат малалла çапла пĕлтерет: январĕн 13-мĕшĕнче Триполи хулинчен, çавăн пекех Байну тата Рахби ялĕсенчен (Аккар хулин районĕнче) делегаци пынă. Вăл делегаци Ливан парламентне кайнă. Унта вăл 4.500 çын алă пуснă петици панă. Петицире Америка Ливана паракан пусмăрлă «пулăшăва» сирсе яма, çавăн пекех Америкăн Ливанри миссине хупма требовани лартнă. Вăл «пулăшăва» «Трумэн программин тăваттăмĕш пункчĕ» тăрăх туса пыраççĕ.

Хаçат юлашкинчен çакна палăртать: Ливан парламенчĕн секретариатне пиншер ливанецсем алă пуснă ытти чылай петицисем те пынă. Вăл петицисенче те çавăн пек требованисемех лартнă.

### АЛЖИРТИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН СЕКРЕТАРЬНЕ СУД ТУНИ

ПАРИЖ, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Алжир хулинчи апелляци сучĕ Алжирти Коммунистсен партийĕн секретарьне Ларби Бухалине ултă уйăхлăха тĕрмене хупмалла тата 800 пин франк штраф тӳлеттермелле туса приговор йышăннă. Бухали иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнче Алжир халăхне Алжирăн наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме чĕнсе каланă пулнă. Ăна çавăншăн айăпланă.

### КĂНТĂР АФРИКА СОЮЗĔНЧЕ ШЫВ ИЛНИ

ЛОНДОН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Иоганнесбургран пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 12-мĕшĕнче, çумăр питĕ вăйлă çунă хыççăн, Кăнтăр Африка Союзĕнче чугун çул тăрăх çӳреме чарăннă, телефон çыхăнăвĕ пăсăлнă. Дурбанри аэропорт вырăнĕнче кӳлĕ пулса тăнă. Çулсене шыв илнĕ. Çавна пула Кăнтăр Родезипе çыхăну тытасси татăлнă.

# Корейăри ĕççем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн соединенийĕсем тата Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç малтанхи вырăнсенчех оборонăра тăрса çапăçнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

## Аденауэр „Европа çарне" тумаваскать

БЕРЛИН, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири ДПА агентстви Бонн канцлерĕ Аденауэр тухса каланă сăмахăн текстне пĕлтернĕ.

Аденауэр хăпартланса ытлашши каласнă сăмахсем пĕр тĕллев тытаççĕ. Вăл тĕллев — Бонра тата Парижра алă пуснă сепаратнăй договорсене хăвăртрах çирĕплеттерес тесе Хĕвеланăç Германири общественноçа хăй майлă çавăрасси.

Аденауэр çакна пытарса тăмасть: вăл хăйĕншĕн кăна мар хăйĕн океан леш енчи хуçисемшĕн те пăшăрханать. Бонн канцлерĕ çирĕплетсе каланă тăрăх, «Европăри оборона пĕрлешĕвне», урăхла каласан «Европа çарĕ» текенскерне тăвасси çинчен пуçне урăх çул çук. Вăл «пĕрлешӳре» Хĕвеланăç Германири агрессиллĕ хĕçпăшаллă вăйсем ертсе пыракан вырăн йышăнмалла.

Хăй каланă сăмахсене «çирĕплетес» тесе, Аденауэр Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем çинчен элеклесе калама именсе тăмасть. Вăл суйса каланă тăрăх, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем Германи хăрушсăрлăхне хăратса тăраççĕ, пулать.

Бонра тата Парижра алă пуснă договорсене çирĕплетес ĕçри чăрмавсене пĕтерес тесе, Аденауэр каллех çапла пĕлтерет: «федеральнăй конституци сучĕн шухăшĕ мĕнле пулни федеральнăй правительствăпа бундестагшăн кирлех мар». Паллă ĕнтĕ, Хĕвеланăç Германири федеральнăй конституци сучĕн Бонра алă пуснă договорĕ Бонн конституцийĕ енчен пăхсан «законлă» пулнине палăртмалла.

Çакна асра тытас пулать: Аденауэрпа пĕрле Францири государство учрежденийĕсенче ĕçлекенсем те «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тăвакан договора хăвăртрах çирĕплетессишĕн тăраççĕ. Франс Пресс агентстви ĕнер официальнăй йĕркепе çапла пĕлтернĕ: Франци «Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тунă договора пачах та хирĕç мар, вăл çав ĕçе мĕн вĕçне çитиччченех ăнăçлă вĕçлеме шутлать».

Çапла ĕнтĕ, океан леш енчен Хĕвеланăç Германи çине те, Франци çине те пĕр вăхăтрах хĕснĕ.

Çавăн пекех Америка сенаторĕ Уайли нумаях пулмасть каланă сăмах çинчен те астутармалла. Уайли çапла каланă: Германипе тунă договорсене çирĕплетессине тепĕр вăхăта хăварсан, Америка чикĕ леш енчен паракан пулăшу чакать».

# Трумэн конгреса янă çыру

ВАШИНГТОН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). ÇША президенчĕ Трумэн экономикăллă ыйтусем çинчен конгреса кашни çулах яракан çырăвĕнче Пĕрлешӳллĕ Штатсем юлашки 25 çул хушшинче экономикăра тунă «питĕ пысăк çитĕнӳсемпе» мухтаннă. Çав вăхăтрах унăн çакна йышăнма тивнĕ: Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи халăхăн пилĕк пайĕнчен пĕр пайĕ хальхи вăхăтра «лайăх апат çиеймест, япăх тумланать тата начар сурт-йĕрсенче пурăнать».

Трумэн çавăн пекех çапла пĕлтернĕ: «ÇША-ри пурăнмалли мĕнпур суртсен тăватă пайĕнчен пĕр пайĕ тата фермăсенчи пурăнмалли суртсенчен чылайăшĕ, япăх пирки, пурăнакансене тивĕçтерме пултараймаççĕ. Нумай çемьесем апатçимĕç çитменнипе аптраççĕ. Юлашки çулсенче шкулсемпе больницăсем валли расходланă укçа-тенкĕ хисепĕ, пирĕн наци продукцийĕ мĕн хак тăнипе танлаштарса пăхас пулсан, 1939 çулта расходланă укçа-тенкĕрен чылай сахалтарах. ÇША-ри нумай хуласенче пурăнмалли суртсенче условисем питех те япăх...» Трумэн Америкăри çемьесенчен 50 процентчĕн медицина пулăшăвĕшĕн тӳлеме укçа çитменнине йышăнать.

«Тупăш çителĕксĕр илекен çемьесем Америкăра нумай-ха, — тенĕ малалла Трумэн.—1951 çулта мĕнпур çемьесенчен тăватă пайĕнчен пĕр пайĕн çултаlăкра илекен тупăш икĕ пин доллартан та сахалтарах пулнă. Çемьесенчен 40 процентчĕ çулталăкра 3 пин доллартан сахалтарах тупăш илнĕ, мĕнпур çемьесен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕн парăмсем пур... (Америкăри официальнăй статистика сведенийĕсем тăрăх, Америкăри пĕр çемьене пурăнма вăтам шутпа сахалтан та 4.166 доллар кирлĕ.—Ред.).

Трумэн хăйĕн çырăвĕнче Америкăри фермерсен условийĕ начарланнине палăртать.

Малалл[illegible] çапла пĕлтернĕ: 25 çул хуш[illegible] концернсен усламĕсем 300 про[illegible]ухлĕ ӳснĕ».

Яланхи пекех, Трумэн çырăвĕпе пĕрле экономика тĕлĕшĕнчен çулсерен пăхса тухнине тăратнă. Ăна президент çумĕнчи экономика совечĕ хатĕрленĕ. Çав çырура промышленниксен усламĕсем чылай ӳснине кăтартса панă.

ÇША ют çĕршывсене яракан тавар, тенĕ экономика тĕлĕшĕнчен пăхса тухнă çырура, çар материалĕсене шутламасан, 1952 çулхи малтанхи çур çулта пĕр уйăх хушшинче вăтам шутпа 1,2 миллиард долларлăх пулнă. Иккĕмĕш çур çулта вара 1 миллиард долларлăх кăна тавар янă. Ку вăл ют çĕршывсене апатçимĕçпе чĕртавар сутасси чакнинчен килнĕ. Уйрăммăнах Хĕвеланăç Германие, стерлинг зонине, Аргентинăпа Бразилие тавар сутасси нумай чакнă.

## Вăрçă преступникне хӳтĕлеççĕ

БЕРЛИН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири ДПА агентстви Кильрен çапла пĕлтерет: гитлерла çарăн генерал-фельдмаршалĕ пулнă Манштейн, 4 эрне хушши Киль хулинчи клиникăра выртнăскер, Кильре тата 4 эрне хушши пурăнать. Вăрçăра преступленисем тунăшăн Манштейнăн 18 çул хушши тĕрмере лармалла. Англи влаçĕсем Манштейнăн «отпускне» иккĕмĕш хут тăсса панă.

## Америкăри йăласем

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). ÇША-ра политика деятелĕсемпе профсоюз бюрократĕсем взятка илни çинчен калакан çĕнĕ фактсем час-часах палăраççĕ. Иртнĕ эрнере ÇША юстици министерстви çапла пĕлтернĕ: взятка илнĕшĕн федеральнăй пысăк жюри Куинс округĕнчи (Нью-Йорк штачĕ) прокурора тата представительсен палатин членĕ пулнă Винсент Куинна айăплама ĕç пуçарнă. Куинн, конгресс членĕ пулнă май, хăй патне ĕçпе пынă çынсенчен 10.000 доллар таран взятка илнĕ. Взятка илнине Куинн хăй те тунмасть.

Преступленисене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Нью-Йорк штатĕнчи комисси иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче çакна палăртнă: террор пулăшнипе портсенчи грузчиксемпе складсенчи рабочисен Америкăри ĕç федерацине кĕрекен профсоюзĕн председателĕн вырăнне хăйне ĕмĕрлĕхех суйлаттарма пултарнă Джо Райян гангстер, «ырă кăмăл» кăтартнăшăн, урăхла каласан, портсенчи грузчиксене хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн тата ĕç укçине ӳстерттерессишĕн кĕрешме паманшăн пăрахут компанийĕсенчен 18 çул взятка илсе тăнă.

Январĕн 9-мĕшĕнче Райян пичет представителĕсем умĕнче çакна йышăннă: вăл пĕр пысăк пăрахут компанийĕнчен «хăйĕн вăрттăн фончĕ» валли 18 çул хушши çулсерен 1.500-шер доллар илсе тăнă. Ытти предприяти хуçисем те çак фонда укçа хывнă.

Америкăри хаçатсем çавăн пекех çакна пĕлтереççĕ: коммунистсене суд тунă чухне «чапа тухнă» федеральнăй судья Мэрфи, Томас Лючезе гангстерĕн «тусĕ» пулса тăрать. Лючезе «хӳтĕлесе тăнипе», судья пулма уйăреа лартнă чухне политика деятелĕсем Мэрфине пулăшнă.

### АНГЛИН САМОЛЕЧĔСЕМ УКСЕ ÇĔМĔРЕЛНĔ

ЛОНДОН, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Лондонри радио пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 15-мĕшĕнче Вăтаçĕр тинĕсĕ çийĕнче, Мальтăран çурçĕр-хĕвеланăçнерехре, Англин икĕ çар самолечĕ пĕр-пĕрне пырса çапăннă. Ку самолетсем çинче 26 çын пулнă. Вĕсем пурте вилнĕ тесе шутлаççĕ.

# —Кĕскен—

★ **Пĕр çемьерен ултă çын аслă шкултан вĕренсе тухнă.** Чкаловски районĕнче Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительницине Пелагея Матвеевна Наперсткинăна пурте пĕлеççĕ. Вăл халăха вĕрентес тĕлĕшпе 30 çул ытла ĕçлет. Унăн тăвата ывăлĕ аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă. Кĕçĕн хĕрĕ педагогика институтĕнче вĕренет. Халĕ вĕсен çемйинче аслă шкултан вĕренсе тухнисем улттăн.

И. МЕШКОВ.

★ **Самообложени укçипе.** Пăрачкав районĕнчи Кудеиха ял Совечĕ самообложени укçипе клуб тума строительство материалĕсем туяннă, виçĕ пысăк сăл тунă, насус туяннă, шкул тавра илемлĕ карта тытнă.

В. ТОНЫШЕВ.

★ **Выляв укçи илеççĕ.** Йĕпреçри перекет кассине кунсеренех вуншар çын пырса выляв укçи илет.

1951 çулта перекет касси государство заемĕсем тăрăх ĕççыннисене 363 пин тенкĕ тӳленĕ пулсан, иртнĕ çулта вара 568 пин тенкĕ тӳленĕ.

Выляв укçи илнисем хушшинче 2.500, 5.000, 10.000 тенкĕ тата 50.000 тенкĕ илнĕ ĕççыннисем те пур.

Г. ФАДЕЕВ.

★ **Ильич ламписем çутатчĕç.** Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз, вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, электростанципе радиоузел туса пĕтерсе ĕçе ячĕ. Халĕ колхозниксен килĕсенче Ильич ламписем çутатаççĕ, радио калаçать. Колхоз электричество вăйĕпе ĕçлекен арман тăвать.

В. МАРТЫНОВ.

★ **Хăмларан пысăк тупăш.** Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз кăçал государствăна хăмла парса 30 пин тенкĕ тупăш илчĕ. Хăмла ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене укçа парса премиленĕ.

П. МИХАЙЛОВ.

## Ялти спортсменсен республикăри ăмăртăвĕ

Ĕнер Шупашкарта, Атăл леш енчи учительсен çурчĕ çывăхĕнче, ялти йĕлтĕрçĕсен республикăри ăмăртăвĕ пуçланчĕ. Малтанхи кун арçынсем 18 километр, хĕрарăмсем—5 километр йĕлтĕрпе ăмăртса чупрĕç. Паян арçынсем 30 километр, хĕрарăмсем—10 километр ăмăртса чупаççĕ.

«Молния» спорт обществи каткĕ çинче ялсенчи спортсменсем конькипе ярăнас енĕпе ăмăртаççĕ.

Спортсменсем çавăн пекех трамплин çинчен сикес енĕпе тата слалом меслечĕпе ярăнас енĕпе ăмăртаççĕ.

## Хулари спортсменсен пулăшăвĕ

КАНАШ. Кунти «Медик» тата «Трудовые резервы» спорт обществисĕн коллективĕсем ялсенчи спортсменсене пулăшас шутпа Шаккăл ялĕнче пулчĕç, ялти физкультурниксене пулăшу пачĕç.

Чугун çул училищинче производство мастерĕ пулса ĕçлекен Матюков юлташ «Партипе правительство çамрăк ăрăва воспитани парассишĕн куллен тăрăшаççĕ» темăпа лекци вуларĕ. Çакăн хыççăн йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕ пулчĕ.

Хулари «Спартак» тата «Динамо» спорт обществисен коллективĕсем Сиккасси ялĕнчи спортсменсем патĕнче пулчĕç. Хулари тата ялти йĕлтĕрçĕсем пĕр-пĕринпе юлташла ăмăртса чупрĕç.

Юлашкинчен физкультура ыйтăвĕпе лекци пулчĕ.

Çавăн пекех «Искра» тата «Урожай» спорт обществисем те ялсенчи физкультура коллективĕсене пулăшаççĕ.

К. НИКИШОВ.

## Çĕнĕ йышши продукцисем

ÇĔМĔРЛЕ. Вырăнти промышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем çултан-çул çĕнĕ йышши продукци туса кăлараççĕ. Хулари промкомбинат пĕлтĕр йывăç кроватьсем туса кăларма тытăнчĕ. Кăçал кроватьсем тăвассине татах сарма палăртнă. Кунсăр пуçне, ĕççыннисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерсе, радиоприемник лартмалли тумбочкăсем тума тытăнчĕ.

Мыслецри райпромкомбинат туса кăларакан продукци ассортиментчĕ сарăлсах пырать. Çĕнĕ çулта вăл икĕ тумбочкăллă çыру сĕтелĕсем тата кĕпе-тумтир хумалли пĕр пӳлĕмлĕ шкафсем тума тытăнать.

(Хамăр корр.).

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



# Тĕнчери лару-тăру

### ТĔНЧЕРИ ХАЛĂХСЕМ ВЕНĂРИ КОНГРЕСĂН РЕШЕНИЙĔСЕНЕ ЫРЛАÇÇĔ

Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ Конгресĕн решенийĕсене çĕр чăмăрĕ çинче пур çĕрте те халăхсен анлă сийĕсем пысăк хавасланпа кĕтсе илнĕ. Çав решенисене çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне хирĕç кĕрешме мир вăйĕсене тата ытларах пĕтĕçтерес тĕллевпе йышăннă. Вĕсене тӳрĕ кăмăллă çĕршер миллион çынсем хĕрӳллĕн ырлаççĕ.

Çак кунсенче мĕнпур континентсенче, мĕнпур çĕршывсенче Венăри Конгресс ячĕпе митингсемпе пухусем пулса иртеççĕ. Италири миршĕн тăракансен юхăмĕн комитечĕ çапла пĕлтерет: çĕршывра халăхсене Конгресс решенийĕсемпе паллаштарас тĕлĕшпе анлă кампани сарăлнă. Рим, Милан, Неаполь, Генуя хулисенче тата ытти çĕрте те нумай çынлă пухусем пулнă. Унта Венăри Конгресран таврăннă делегатсем тухса каланă. Демократиллĕ Германи Республикинче çĕршер митингсем пулса иртнĕ. Унта миршĕн кĕрешекенсен комитечĕ Венăри Конгресс решенийĕсемпе паллаштарма ĕççыннисен пухăвĕсене 70 пин таран ирттерме йышăннă. Ытти çĕршывсенче те çавăн пекех.

Миршĕн кĕрешекенсен юхăмне халăхсен тĕрлĕ сийĕсем хутшăннине палăртмалла. Сăмахран, Брюссельре миршĕн тăракансен пухăвĕнче Конгресс решенийĕсене ырласа протестантсен пасторĕ, шахтер, адвокат, рабочи-металлург, промышленник, парламент депутачĕ те тухса каланă.

Конгресс империалистла агрессорсене çавăрлăхлама, халĕ пыракан вăрçăсене, чи малтанах Америка агрессорĕсен Корея халăхне хирĕç вăрă-хурахла вăрçине чарса лартма чĕнсе каланă. Пухусене хутшăнакансем çак чĕнĕве ырлаççĕ.

Миршĕн тăракан халăхсен сассине хупласа лартма вăй çитереймен пирки чылай капитализмлă çĕршывсен правительствисем Венăри Конгресра пулнă делегатсене тата миршĕн кĕрешекенсене пурне те хĕсĕрлеме тытăннă. Кубăра тата Бразилире полици делегатсене арестленĕ. Парагвайра миршĕн тăракан паллă çынсене концентрационнăй лагерьсене хупнă, унта вĕсене асаплантараççĕ. Империалистсен умĕнче ырă пулас тесе, Англире лейбористсен лидерĕсем Конгреса хутшăннă çынсене—лейбористсен партийĕн нумай членĕсене хăйсен партийĕнчен кăларнă. ÇША-ра Венăран таврăннă делегатсен паспорчĕсене—урăх çĕршывсене кайса çӳремелли паспорчĕсене туртса илнĕ. Францире полици Венăран таврăннă 175 делегат багажĕн пĕр пайне, Конгресс материалĕсене тытса илнĕ. Таиландра влаçра тăракансем миршĕн тăракансемпе кĕрешме питех те хаяр мерăсем йышăннă. Америкăри хăйсен хуçисене юрас тесе, вĕсем унта «мир» сăмаха калама та чарнă. Анчах та, полици темĕнле хĕсĕрлесен те, халăхсен миршĕн кĕрешес шухăш-кăмăлне пĕтерме пултараймаççĕ. Политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлакан, тĕрлĕ тĕне ĕненекен тата тĕрлĕ социальнăй ушкăнсенчи çĕршер миллион çынсем халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕн воззванине ырлаççĕ. Мире сыхласа хăварас ĕçе хăйсен аллине илес тата мире вĕçне çитиччченех хӳтĕлес тесе, миршĕн тăракансем мĕнпур çĕршывсенче хăйсен ретĕсене тата тачăрах пĕтĕçтереççĕ.

### АМЕРИКА ИМПЕРИАЛИСЧĔСЕМ ИНÇЕТ ХĔВЕЛТУХАÇĔНЧИ ВĂРÇА САРМА ТĂРАШАÇÇĔ

Иртнĕ эрнере Корея халăхĕн сутăнчăкĕ Ли Сын Ман Токиона пынă. Унпа пĕрле нумай сухатусем тӳснĕ çарăн генеральнăй штабĕн начальникĕ тата тинĕс çар вăйĕсен штабĕн начальникĕ пынă. Япони столицинче пуканелле президент Ли Сын Ман ÇША-н Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕпе Кларк генералпа тата Америкăн Токиори посолĕпе Мэрфипе тĕл пулнă. Америкăри хăйĕн хуçисем ăнаса тăнипе вăл çавăн пекех Япони премьер-министрĕпе Иосидăпа тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Окадзакипе калаçусем ирттернĕ. Мĕншĕнха Америка командованийĕ çавăн пек васкаса хăйĕн аллинче вылякан пуканене Токиона чĕннĕ? Ли Сын Ман «хăйĕн ĕçĕ пирки» кăна Токиона пынă тесе ĕнентерме тăрăшнă. Анчах та тĕнчери хаçатсем çак суяна хирĕçленĕ. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Токиора калаçусене вăрçă ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ирттернĕ. Ли Сын Ман Токиона каясси пирки асăнса, Америкăри Юнайтед Пресс агентстви январĕн 1-мĕшĕнчех çакна кăтартса панăччĕ: пуканелле президентăн Япони çарĕсене Корейăна ярасси çинчен калаçса татăлмалла, çавăн пекех Японире пурăнакан корееçсене ирĕксĕрлесе мобилизацилесси çинчен сӳтсе явмалла. Америка çарĕн салтакĕсемпе офицерĕсем 1952 çулта кăна Корейăра 102.700 çын ытла вилнĕ. Çакна аса илсен, Ли Сын Мана Токиона мĕншĕн васкаса чĕнсе илнине ăнланма пулать. Америка империалисчĕсем хăйсен Корейăри захватникла вăрçă валли тупă ашĕ, вăрçăра вĕлерсе пĕтермелли салтаксем шыраççĕ. Ли Сын Ман Токиоран кайнă хыççăнах унта Чан Кай-шин «министрĕ» Джордж Е пыни çавна çирĕплетсе парать.

Çав пуканесем Токиона пырса çӳрени çинчен асăнса, Японири хаçатсем çапла çыраççĕ: калаçусем вăхăтĕнче «Инçет Хĕвелтухăçĕнче коммунизма хирĕçле фронт тăвасси çинчен тăракан ыйтăва хускатнă». Урăхла каласан, американецсем гоминдановецсен бандисенчен, Японипе Кăнтăр Корейăран агрессиллĕ çĕнĕ блок тума тăрăшаççĕ. Çав блокпа вĕсем Корейăри вăрçăра тата Инçет Хĕвелтухăçĕнче ытти вырăнсенче вăрă-хурахла тапанма усă курасшăн.

Г. ПОДКОПАЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00924 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.